# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Июнь
26
ЭРНЕКУН
№ 123 (9032)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.


Совет правительстви кăларнă çĕнĕ заем ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх палăртнă ĕçсене пурнăçлама укçа-тенкĕ парса тăрас ĕçе халăхăн укçи-тенкине хутшăнтарма май парать. Заем çырăнса илни коммунизм строительствине активлă хутшăнни пулать.

## Ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пырассишĕн

Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ коммунизмла общество тăвать. Коммунизм строительствинче ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ӳстерсе пырасси тĕп вырăнта тăрать.

Кашни общество стройĕн кун-çулĕ ĕç тухăçлăхĕнчен килет. «Ĕç тухăçлăхĕ вăл, юлашки шутран, çĕнĕ обществăлла строй çĕнтерес ĕçре чи кирли, чи тĕп вырăнта тăраканни,—тенĕ В. И. Ленин.— Коммунизм вăл—ирĕклĕ, ăнлануллă, пĕрлешнĕ, лайăх техникăпа ĕçлекен рабочисен капитализм чухнехинчен çӳлте тăракан ĕç тухăçлăхĕ».

Коммунистсен партийĕ социализм строительствин пур тапхăрĕсенче те ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ӳстерсе пыма тăрăшнă. Пирĕн çĕршывра социализмла производствăна аталантарас тĕлĕшпе çав тери пысăк çитĕнӳсем туни пуринчен ытла ĕç тухăçлăхĕ тăтăшах ӳссе пынинчен килет те ĕнтĕ. 1940—1951 çулсем хушшинчи тапхăрта промышленноçра ĕç тухăçлăхĕ 50 процент ӳснĕ, çав хушăра промышленность продукци ӳсĕмĕн 70 процентне ĕç тухăçлăхне ӳстернипе туса кăларнă. Строительство ĕçĕнче çав вăхăт хушшинчех ĕç тухăçлăхĕ 36 процент ӳснĕ.

Ĕç тухăçлăхĕ хăвăрт ӳссе пыни халăх хуçалăхĕнче çĕнĕ техникăпа тата малта пыракан технологи процесĕсемпе анлăн усă курнинчен, производствăна механизацилениичен тата электрификациленинчен, ĕçе лайăх организацилениичен, ĕççыннисен пĕтĕмĕшле пĕлĕвне тата культурăллă шайне, вĕсен квалификацине ӳстерсе пынинчен килет. Хуçалăхăн социализмла системи çĕнĕ техникăпа вĕçĕмсĕр анлăн усă курма май парать. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче Г. Маленков юлташ çапла каларĕ: «ССР Союзĕнче машинăсем çын ĕçне перекетлессĕ кăна мар, çавăнпа пĕрлех вĕсем работниксен ĕçне çăмăллатаççĕ, çавна пула социализмла хуçалăх условийĕсенче, капитализм условийĕсенчи пек мар, рабочисем ĕçре машинăсемпе пысăк хаваслăхпа усă кураççĕ. Совет рабочийĕ ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пыма тӳрремĕнех тăрăшать, мĕншĕн тесен вăл çапла тусан ССР Союзĕн экономикин вăй-хăвачĕ çирĕпленнине, ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланнине пĕлсе тăрать. Социализм чухне обществăлла ĕçĕн тухăçлăхĕ пысăк пулнин никĕсĕ государствăпа халăх интересĕсем пĕр пек пулнинче пулать».

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем. И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенийĕ совет çыннисен политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне тата ытларах вăйлатрĕç. Предприятисенче, стройкăсенче, МТС-семпе колхозсенче пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн, Тăван çĕршыв экономикине малалла аталантарассишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарăлса кайрĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем технологи процесне çĕнетсе лайăхлатмалли, шалти резервсемпе. хăватлă техникăпа туллин усă курмалли çĕнĕрен те çĕнĕ меслетсем шухăшласа кăлараççĕ. Рационализаторсемпе изобретательсен, стахановецсен хисепĕ кулленех ӳсет. Çаксем вĕсем пурте ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ӳстерсе пыма пулăшаççĕ.

Пирĕн республикăри промышленноçра, транспортра, строительствăра ĕç тухăçлăхĕ тăтăшах ӳссе пырать. Малта пыракан чылай предприятисенче рабочисем пурте ĕç нормине куллен тултараççĕ тата ирттерсе тултараççĕ. Кашни предприятире тенĕ пек икшер-виçшер норма тултаракансем пур. Ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ӳстерсе пынипе пула ĕнтĕ Шупашкарти электроаппаратура тăвакан завод, Çĕмĕрлери экстракт тăвакан завод, Шупашкарти лента тĕртекен фабрика, макарон фабрики производство планне тăтăшах тултарса пыраççĕ, продукци пахалăхне лайăхлатаççĕ, чĕртаварпа топливо, электроэнерги перекетлеççĕ. Асăннă предприятисен коллективĕсем, çак çулăн пуçламăшĕнче йышăннă социализмла обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешсе, чылай çитĕнӳсем турĕç: продукци туса кăлармалли çур çулхи плана срокчен тултарчĕç.

Анчах тӳрех калас пулать: республикăри промышленность пĕтĕмĕшпе илсен çителĕксĕр ĕçлет. Çакă вăл пуринчен ытла нумай предприятисем ĕç тухăçлăхне ӳстермелли задание уйăхран уйăха пурнăçласа пыманнинчен килет. Вăрмарти сĕтел-пукан фабрикинче рабочисем валли тухăçлă ĕçлеме паха майсем туса памаççĕ. Çавăнпа кашни 10 рабочирен пĕри ĕç нормине тултараймасть. Фабрика производство планне тултарас тĕлĕшпе нумайранпа юлса пырать.

Юлашки çулсенче Ивановăри кирпĕч завочĕ экскаватор, локомобильсем, пресс туянчĕ, кирпĕч хĕртмелли кăмака, сарайсем туса лартрĕ. Анчах заводра çав паха майсемпе кирлĕ пек усă курмаççĕ. Оборудовани час-часах ваннипе, рабочисене техникăна алла илме пулăшманнипе апрель уйăхĕнче кашни виçĕ рабочирен иккĕшĕ ĕç нормине тултарман. Строительство организацийĕсенче, вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕнче те производствăна япăх йĕркеленĕ, йывăр ĕçе механизацилеме, малта пыракан опыта сарма тăрăшман тĕслĕхсем сахал мар.

Предприятисен, трестсен тата министерствăсен руководителĕсен ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пыма чăрмантаракан сăлтавсене сирмелле, пуян техникăпа лайăхрах усă курмалла, производствăна çине тăрсах механизацилесе пымалла, рационализаципе изобретательствăна анлăрах сарса ямалла, наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсене хăюллăн производствăна кĕртмелле, ĕç вăйĕпе усă курассине лайăхлатмалла.

Предприятисемпе стройкăсенче массăллă профессисен кадрĕсене хатĕрлес тата вĕсен квалификацине ӳстерес ĕçе лайăхлатни кирлĕ. Кашни рабочи малта пыракан *техникăна алла илтĕр, производство новаторĕсен паха меслечĕсемпе,* наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе паллаштăр.

Инженерсемпе техниксем тата мастерсем пуçаруллă пулнинчен, производствăна тĕрĕс организацилеме тăрăшнинчен ĕç тухăçлăхĕ ӳсесси сахал мар килнине яланах асра тытмалла. Хуçалăхпа профсоюз организацийĕсем ĕççыннисен пурнăçпа йăла условийĕсене пĕрмаях лайăхлатма, вĕсене культурăллă канма паха майсем туса пама тивĕçлĕ.

Ĕç тухăçлăхне тăтăшах ӳстерсе пырасси социализмла ăмăртăва малалла вăйлатнинчен нумай килет. Парти, совет, профсоюз тата хуçалăх организацийĕсен предприятисемпе стройкăсенче çулталăкри государство планне срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăрту анлăрах сармалла, ăмăртăва организацилес ĕçри формализма пĕтермелле. Социализмла ăмăрту вăйланса пынă май çуралса тухакан ĕçри çĕнĕ меслетсене, патриотла çĕнĕ пуçарусене аталантарса пыни, самокритикăпа аялтан килекен критикăна анлăн сарни кирлĕ. Кашни предприяти, стройка, чугун çул организацийĕ государство планне, йышăннă социализмла обязательствăсене чыслăн пурнăçласа пытăр, Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн тата вăйлăрах кĕрештĕр.

Çĕнĕ заем кăларасси çинчен Совет правительстви йышăннă решение республикăри ĕççыннисем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, хĕрӳллĕн ырласа йышăнчĕç. Предприятисенче. колхозсенче, учрежденисенче пулса иртекен митингсемпе пухусенче ĕççыннисем коммунизм строительствинче тата тухăçлăрах ĕçлеме хатĕр пулнине, Тăван çĕршыва, Коммунистсен партине, Совет правительствине вĕçĕмсĕр юратнине тата шанса тăнине тепĕр хут кăтартса параççĕ.

Социализмла ăмăртăва анлăн сарни, ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ӳстерсе пыни совет халăхне Коммунистсен партийĕ кăларса тăратнă задачăсене чыслăн пурнăçласа пыма пулăшĕç.

## Телейлĕ çамрăклăхшăн

Педагогика институтĕнче пулнă митингра наука работникĕсемпе институтра вĕренекен студентсем çĕнĕ заема хапăл туса йышăнни çинчен хăйсен шухăш-туйăмĕсене пĕлтерчĕç. Институт директорĕн заместителĕ Макаров юлташ сăмах илчĕ.

— Государство заемĕсем енĕпе пухăнакан укçа-тенкĕ халăх пурнăçне лайăхлатма, культурине ӳстерме, çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем, пысăк гидроэлектростанцисем тума каять. Çавăнпа та ĕççыннисем çĕнĕ заем кăларни çинчен пĕлтернине пысăк хаваслăхпа йышăнса илчĕç. Пурте пĕр çын пек пулса çĕнĕ заема çырăнса илер. хамăрăн юратнă Тăван çĕршыв хăватне тата ӳстерме пулăшар,—терĕ вăл.

Профессор Горский юлташ хăйĕн сăмахĕнче ĕççыннисен культурăпа пурнăç шайĕ ӳсни, партипе правительство халăха вĕрентес ĕç валли çулленех укçа-тенкĕ нумай уйăрса пани çинчен, пирĕн çĕршывра шкулсемпе техникумсен тата институтсен йышĕ ӳсни çинчен каларĕ.

III-мĕш курсра вĕренекен Кириллов студент çапла каларĕ:

— Совет çамрăкĕсене вĕренме пур условисем те çителĕклĕ. Пирĕн институт кашни çулах квалификациллĕ педагогсем нумай вĕрентсе кăларать. Эпĕ çĕнĕ заема пысăк савăнăçпа çырăнса илетĕп.

— Совет саманинче Шупашкар хули тĕпрен улшăнса çĕнелчĕ. — терĕ Титова юлташ. — Çĕнĕ çуртсем, урамсем, фабрикăсемпе заводсем ӳссе ларчĕç. Çакă вăл совет çыннисен пуянлăхĕ. Эпĕ правительство постановленине чун-чĕререн ырлатăп, хамăн икĕ эрнери ĕç укçи чухлĕ çĕнĕ заем çырăнса илетĕп.

Митинга пухăннисем пурте пĕр шухăш-кăмăллă пулса çĕнĕ заема çырăнса илчĕç.

## Çĕнĕ заем кăларасси çинчен Совет правительстви йышăннă решение Чăваш АССР-ĕнчи ĕççыннисем, Совет Союзĕнчи пĕтĕм халăхпа пĕрле, хĕрӳллĕн ырласа йышăнчĕç

### Пурте çыранса илчĕç

Хавасланса ĕçлет Шупашкарти электроаппаратура завочĕн коллективĕ. Тăван çĕршыв коммунизм строительствинче тăвакан çĕнтерӳсемпе хавхаланса, рабочисем, инженерсемпе техниксем куллен-кун çĕнĕ ӳсĕмсем тăваççĕ.

Ĕнерхи кун заводра ĕçлекенсем, мĕнпур совет çыннисем пекех, тата тепĕр пысăк та ăшă хыпар пĕлчĕç. Вĕсенчен нумайăшĕ правительство çĕнĕ заем кăларма йышăнни çинчен радиопа итлерĕç.

Виççĕмĕш сборочнăй цех. Ку цех социализмла ăмăртура малта пырать, иртнĕ уйăхри производство планне 115,7 процент тултарнă. Цех коллективĕ чылайранпа ĕнтĕ заводри куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялава тытса тăрать. Цех комитечĕн председателĕ Ковалишин юлташ Совет правительстви çĕнĕ заем кăларни çинчен пĕлтерсен, рабочисем пурте, алă çупаççĕ.

Ф. Довгаль слесарь сăмах илет. Заводри çак паллă слесарь кӳлленхи ĕç нормине 200—250-шар процентран кая мар тултарса пырать. Вăл хăйĕн сăмахĕнче Ленин—Сталин партийĕпе совет правительствине ĕççыннисемшĕн ырми-канми тăрăшнăшăн чĕререн тав тăвать.

— Правительство çĕнĕ заем кăларни,—тет Ф. Довгаль юлташ,—мана, цехсенчи мĕнпур рабочисемпе служащисене чĕререн савăнтарчĕ. Эпир государствăна кивçен паракан укçа пирĕн Тăван çĕршывăмăрăн хăватне тата ытларах ӳстерме, пирĕн савăнăçлă пурнăçа малалла чечеклентерсе пыма каять. Çак телейлĕ саманара тăрăшса ĕçлес килет, чĕререн савăнас килет. Ăшă хыпар çине ответлесе пирĕн бригада ĕç тухăçлăхĕпе пахалăхне ӳстерес тĕлĕшпе пысăкрах обязательство илет.

Рабочисем заем çырăнаççĕ, савăнса калаçаççĕ.

В. Холык юлташ ертсе пыракан участокри рабочисем заем çырăнакан вырăна пыратпăр.

Ку бригадăри рабочисенчен нумайăшĕ кăткăс аппаратура туса хатĕрлеççĕ. Бригада лайăх продукци кăна туса кăларать. Стахановецсем пурте заем çырăнса илме васкаççĕ.

Акă сĕтел умне А. Степанова слесарь-сборщица тухать. Вăл Отечественнăй вăрçă вĕçленнĕ çул кăна, ФЗО шкулĕнчен вĕренсе тухса, ку завода ĕçлеме килнĕ. Чăваш хĕрачи хăйĕн профессине аван вĕренсе çитнĕ, вăл стахановка.

— Америка империалисчĕсем урса кайсах çĕнĕ вăрçă чĕртсе яма тапаçланнă вăхăтра,—тет А. Степанова юлташ,—эпир, совет çыннисем, мирлĕ ĕçлесе пурăнатпăр, коммунизм тăватпăр, çĕнĕ заем çырăнса мир ĕçне тĕреклететпĕр.

Носов юлташ ертсе пыракан цехра Кусакин слесарь, Архипова сборщица, Васильев монтажник тата ытти юлташсем те хĕрӳллĕ сăмахсем каларĕç. Сменăри рабочисем, пурте пĕр кăмăллă пулса, çĕнĕ заем çырăнса илчĕç.

Заем çырăнас ĕç заводри мĕнпур цехсемпе участоксенче ăнăçлă иртрĕ.

### Пысăк активлăхпа

КУСЛАВККА. (Телефонпа). Радио савăнăçлă хыпар илсе килчĕ: халăх хуçалăхне аталантармалли çĕнĕ заем кăларнă. Суртсем тăвакан заводри рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем çак хыпара пĕрле пухăнса итлерĕç. Ун хыççăнах цехсемпе сменăсенче тата завод управленийĕнче хаваслă митингсем пулса иртрĕç.

Столярнăй цехри митингра ватă рабочи коммунист Владимир Никифорович Никифоров çапла каларĕ:

— Совет заемĕ—халăх заемĕ. Вăл Тăван çĕршыва тĕреклетме, ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма каять. Пирĕн пурнăç пуянлансах пырать. Государство таварсен хакне улттăмĕш хут йӳнетрĕ. Эпĕ çĕнĕ заема икĕ эрнери ĕç укçи чухлĕ çырăнса илетĕп, ĕçри юлташсене те манран пример илме чĕнетĕп.

Владимир Никифорович заводра 20 çул ытла ĕçлет. Хăй иккĕмĕш группăри инвалид пулин те, юратнă станокне пăрахмасть. Юлашки кунсенче вăл чӳрече рамисем тумалли нормăна 200 процент таран тултарать. Ĕçри хастарлăха кура завод ăна пурăнмалли çурт лартса панă. Ватă рабочи халĕ çĕнĕ заем çырăнса государствăна пулăшать.

Ун хыççăн митингра мастер М. Ерофеев, сборщица О. Филиппова, цех начальникĕ Г. Курбатов чĕререн тухакан сăмахсем калаççĕ, правительство çĕнĕ заем кăларма йышăннине хапăл туса ырлаççĕ. Çурт тăвакансем савăнтах çĕнĕ заема пурте пĕр çын пек пулса çырăнма пуçларĕç. Акă, станочница А. Шеметун, цех мастерĕ М. Орлов, комсомолка Ю. Нестерова, паллă стахановка, район Совечĕн депутачĕ Н. Куликова сĕтел патне пырса заем çырăнаççĕ.

Государствăна укса кивçен пама кăмăл тунисен хисепĕ ӳснĕçемĕн ӳсет. Митинга пухăннисем пурте малтанхи сехет хушшинчех заем çырăнма ĕлкĕрчĕç.

Хăйсен гражданла тивĕçне пурнăçланă хыççăн, рабочисем каллех станоксем умне кайса тăраççĕ. Цехсенче çĕнĕрен яланхи ĕç шавĕ пуçланать.

**Т. ИВАНОВ.**
**(Хамăр корр.).**

### Патриотла çĕкленӳ

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ. Тăваттăмĕш цехра ĕçлекен рабочисем правительство çĕнĕ заем кăларнă ятпа митинга йышлăн пухăннă. Цех начальникĕ В. Давиденко юлташ митинга уçса кĕске сăмах калать. Ун хыççăн цехри столяр Я. Кузьмин сăмах илет.

— Эпĕ правительство çĕнĕ заем кăларнине тулли кăмăлпа ырлатăп,—тет вăл. — Çĕнĕ заем пирĕн Тăван çĕршыва малалла аталантарма, ĕççыннисен пурнăçне тата лайăхлатма каять. Пирĕн участокри рабочисем кашниех хăйсен икĕ эрнери ĕç укçи чухлĕ çĕнĕ заема çырăнса илме пулчĕç. Паянхи кунтан пуçласа, рабочисем хушшинче июнь уйăхĕнчи производство планне тултарассишĕн социализмла ăмăрту çĕнĕ хăватпа сарăлчĕ. Тăван çĕршыв мухтавĕшĕн ырми-канми ĕçлес килет.

Ун хыççăн Шорников комсомолец тухса каларĕ.

— Цехри çамрăксем, пурте пĕр кăмăллă пулса, çĕнĕ заема пысăк хаваслăхпа çырăнса илме пулаççĕ. Çав вăхăтрах комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем июнь уйăхĕнчи плана срокчен тултарас тесе стахановла вахтăна тăраççĕ. Пире, çамрăксене, савăнăçлă пурнăç туса панăшăн тăван партие, Совет правительствине пысăк тав.

Çавăн пекех митингра Макаров, Афанасьев, Борзова, Федоров, Антонова юлташсем тухса каларĕç. Вĕсем правительство çĕнĕ заем кăларнине хăйсем хапăл туса йышăнни çинчен пĕлтерчĕç. Митинг хыççăн заем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен 25 уполномоченнăй рабочисене заем çырăнтарма тытăнчĕç. 40 минут хушшинче заем сарасси вĕçленчĕ. Цехри пур рабочисем те хăйсен икĕ эрнери ĕç укçи чухлĕ заем çырăнса илчĕç.

**А. КАЗАКОВ.**

### Пĕр шухăш-кăмăллă пулса

Шупашкарти лента тĕртекен фабрикăри митингра темиçе çĕр çын пулчĕ. Пурте вĕсем правительство çĕнĕ заем кăларма йышăннине чĕререн ырлаççĕ. Çак ятпа пухăннă митингра мастер помощникĕ Иванов юлташ çапла каларĕ.

— Эпир государствăна кивçен панă укçа пĕтĕмпех Тăван çĕршыв вăй-хăватне ӳстерме, халăхăн пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатма каять. Унсăр пуçне эпир заем облигацийĕсем тăрăх выляв укçи илсе пысăк тупăш куратпăр. Эпĕ правительство çĕнĕ заем кăларма йышăннине чĕререн ырлатăп. Çĕнĕ заема хамăн икĕ эрнери ĕç укçи чухлĕ хавасланса çырăнатăп.

Фабрикăри паллă стахановка А. Якунина сăмах илет.

— Капитализмла çĕршывсенче, — тет вăл — çĕнĕ вăрçа хатĕрленеççĕ. Унта ĕççыннисенчен сăптăрса илекен укçа-тенкĕ вăрçă хатĕрĕсем тума каять. Çавна пула ĕççыннисен пурнăçĕ çултан çул йывăрланса пырать.

Эпир государствăна кивçен паракан укçа хамăр пурнăçа лайăхлатма каять. Çакна эпир хамăрăн кулленхи пурнăçран аван куратпăр, туятпăр. Эпĕ те çĕнĕ заема икĕ эрнери ĕç укçи чухлĕ илетĕп. Тăван çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетессишĕн тата тăрăшарах, пĕр браксăр ĕçлеме пулатăп.

Рабочисемпе работницăсем пĕрин хыççăн тепри тухса калаççĕ. Вĕсем çĕнĕ заема илме хавасланса çырăнни, Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн тата тăрăшарах ĕçлеме пулни çинчен пĕлтереççĕ.

Митинг хыççăнах çĕнĕ заема илме çырăнасси пуçланчĕ. Рабочисемпе работницăсем тата служащисем пурте пĕр шухăш-кăмăллă пулса, çĕнĕ заема икĕ эрнери ĕç укçинчен кая мар илме çырăнчĕç.



Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заема (1953 çулхи кăларăм) пысăк хаваслăхпа çырăнса илчĕç.
ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: заводри С-3 цехра ĕçлекенсем заем çырăнаççĕ. Алă пусаканĕ—Л. А. Счастьева слесарь.
Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

### Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн

ÇĔРПӲ, июнĕн 25-мĕшĕ. (Телефонпа). Совет правительстви СССР халăх хуçалăхне аталантармалли çĕнĕ заем кăларасси çинчен йышăннă постановление районти ĕççыннисем тулли кăмăлпа кĕтсе илчĕç. Предприятисемпе учрежденисенче тата колхозсенче митингсем пулса иртрĕç.

Ленин ячĕпе тăракан колхозра правительство йышăннă постановление радиопа итленĕ хыççăнах заем уполномоченнăйĕсем ялти ĕççыннисене заем çырăнтарма тытăнчĕç. Заем уполномоченнăйĕ патне чи малтан ватă колхозник Николай Афанасьевич Афанасьевпа унăн арăмĕ Ирина Тимофеевна пычĕç. Николай Афанасьевич çапла каларĕ:

— Государство заемĕсем пирĕн социализмла Тăван çĕршыва вăйлатма пулăшнине эпир лайăх пĕлетпĕр. Пирĕн государство мĕн чухлĕ вăйлăрах, пирĕн пурнăç та çавăн чухлĕ лайăхрах пулать. Çавăнпа та эпир кашни çулах государство заемĕн облигацийĕсене хамăр ялта чи малтан туянатпăр. Кăçал та çĕнĕ заема пысăк хаваслăхпа çырăнса илетпĕр.

Вĕсем иккĕшĕ те çĕнĕ заем çырăнса илчĕç, укçине çийĕнчех парса татрĕç.

Колхозниксем пĕрин хыççăн тепри çĕнĕ заема çырăнса илеççĕ. И. Степанов, К. Львов тата ыттисем те 100-шер тенкĕлĕх облигацисем туянчĕç.

Ытти ялсенчи колхозсенче те заем çырăнасси ăнăçлă пырать. «Новая жизнь» колхоз членĕсем ĕнер 11.600 тенкĕлĕх облигацисем туяннă.

**Н. ВОЛКОВ.**
**(Хамăр корр.).**

### Укçине çийĕнчех тӳлеççĕ

КАНАШ. Доронин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем государство заемĕсене пысăк хаваслăхпа çырăнса илеççĕ. Вĕсем ялхуçалăхĕнче тата лайăхрах ĕçлеме пулаççĕ.

— Совет заемĕсем—халăх заемĕсем,—терĕ колхоз председателĕ И. Кузьмин юлташ колхозниксен митингĕнче. — Вĕсем пирĕн халăх хуçалăхне малалла аталантарма, ĕççыннисен пурнăçне куллен лайăхлатма пулăшаççĕ. Эпĕ çĕнĕ заема 500 тенкĕлĕх çырăнса укçине те çийĕнчех тӳлетĕп.

Колхозниксем пĕрин хыççăн тепри заем уполномоченнăйĕ патне пырса, çĕнĕ заема пысăк савăнăçпа çырăнса илеççĕ. И. Кузьмин юлташăн пуçарăвне ырласа, И. Куполов 300 тенкĕлĕх, И. Марков, Ф. Романов, И. Алексеев, З. Назаров, П. Герасимов, К. Саперов, С. Филиппов, П. Каргин юлташсем 200-шер тенкĕлĕх çĕнĕ заем çырăнса, укçине те çийĕнчех тӳлерĕç. Ытти колхозниксем те патриотла пысăк çĕкленӳпе заем çырăнса илеççĕ.

**И. МУКШИН.**

### Ĕççыннисен телейлĕ пурнăçĕшĕн

КӲКЕÇ. Правительство çĕнĕ заем кăларнă ятпа машина-трактор станцинче ĕçлекенсем митинга пухăнчĕç. Чи малтан тăваттăмĕш трактор бригадин бригадирĕ В. Егоров юлташ сăмах илет. Вăл совет заемĕсен пĕлтерĕшĕ, пирĕн Тăван çĕршыв çуллен ӳссе чечекленни çинчен, ĕççыннисен культурăпа пурнăç шайĕ çултан-çул ӳссе пыни çинчен пысăк хаваслăхпа калать.

— Пирĕн çĕршывра халăх хуçалăхне малалла аталантарассишĕн мĕнпур ĕççыннисем тăрăшаççĕ. Вĕсем государствăна тухăçлă ĕçленипе çеç мар, кивçен укçа панипе те тăтăшах пулăшаççĕ. Партипе правительство ĕççыннисен пурнăçне çулленлайăхлатма тăрăшнине эпир яланах туйса тăратпăр. Ялхуçалăхĕ хăватлă техникăпа пуянланать, çавна май тырпул тухăçлăхĕ те ӳсет. Ĕççыннисем пуян та савăнăçлă пурăнаççĕ.

Егоров юлташ çĕнĕ заема çырăнса укçине те çийĕнчех тӳлерĕ. Ун хыççăн виççĕмĕш трактор бригадин бригадирĕ А. Верхилеев юлташ, А. Матвеев тракторист тухса каларĕç. Вĕсем, правительство постановленийĕпе хавхаланса, тата лайăхрах ĕçлеме, кăçалхи ялхуçалăх ĕçĕсене кĕске срокра туса пĕтерессишĕн ырми-канми кĕрешме пулчĕç.

Кĕске вăхăтрах МТС-ра ĕçлекенсем çĕнĕ заема 16 пин тенкĕлĕх çырăнчĕç, укçине те çурри ытла тӳлерĕç.

**П. КОЗЛОВ.**

СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государственнӑй заемӑн (1953 ҫулхи кӑларӑм) ҫӗр тенкӗлӗх облигаци тӗслӗхӗ.

## Мускав ҫыннисем ҫӗнӗ заема ҫырӑнса илеҫҫӗ

Мускаври ӗҫҫыннисем Совет правительстви СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государство заемне кӑларасси ҫинчен йышӑннӑ постановление чӗререн ырласа йышӑнчӗҫ. Заводсемпе фабрикӑсенче, учрежденисемпе шкулсенче митингсем пулса иртеҫҫӗ.

Мускаври трансформатор завочӗн сборочнӑй цехӗ. Ҫӗнӗ заем тухни ҫинчен хыпар пӗлтернӗ тӗле завод ҫур ҫулхи плана срокчен тултарнӑ. Заем кӑларнӑ ятпа пухӑннӑ митингра В. Ипатов стахановец ҫапла каланӑ:

— Совет ҫӗршывӗнче мӗнпур ӗҫе совет ҫыннисен материальнӑй тата культурӑллӑ ыйтӑвӗсене тулли тивӗҫтерсе пырас тӗллевпе туса пыраҫҫӗ. Эпӗ тата манӑн юлташсем государствӑн ҫӗнӗ заемне тулли кӑмӑлпа ҫырӑнатпӑр. Заем ҫырӑнса государствӑна кивҫен паракан укҫа ҫӗнӗ заводсемпе фабрикӑсем, шкулсем, клубсем, театрсем туса лартма пулӑшать.

Сталин ячӗпе тӑракан автозаводри рабочисемпе мастерсем, инженерсемпе техниксем государство ҫӗнӗ заем кӑларнине илтсен чӗререн саваннӑ. Инструментальнӑй цехри митингра ҫамрӑк слесарь А. Ветошкин сӑмах илет. Вӑл пирӗн Тӑван ҫӗршыв ӳссе аталанса пыни ҫинчен, Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви ӗҫҫыннисен пурнӑҫне лайӑхлатассишӗн куллен тӑрӑшни ҫинчен хӗпӗртесе каласа парать.

Планировщица пулса ӗҫлекен Г. Черкасова ҫапла калать:

— Заем укҫи мӗн тума кайнине эпир кашниех лайӑх пӗлетпӗр. Мускав пирӗн куҫ умӗнчех ҫӗнелсе улшӑнать. Столицӑри Пролетарски районӗн урамӗсем тӑрӑх ҫӳрӗр-ха. Кунта пурӑнмалли ҫӗнӗ ҫуртсем, культура учрежденийӗсен ҫурчӗсене хӑвӑрт тӑва-тӑва лартаҫҫӗ. Кунтах метрон икӗ станцийӗ, асфальт сарса тунӑ анлӑ урамсем. Пӑхатӑн та савӑнатӑн: ҫаксене пурне те пирӗн алӑсемпе, пирӗн ӗҫпе, юратнӑ тӑван парти ертсе пынипе тунӑ. Хамӑр Тӑван ҫӗршывӑн хӑватне тата ытларах ӳстерер!

Митинг хупӑнать. Автомобиль тӑвакансем хӑйсен ӗҫ вырӑнне тӑраҫҫӗ. Вӗсем кашниех заем ҫырӑнса илчӗҫ. Чи малтан И. Глухов заточник, М. Шведов наладчик тата ыттисем те икӗ эрнелӗх ӗҫ укҫи чухлӗ ҫырӑннӑ.

«Красный пролетарий» заводри станоксем тӑвакансем те, «Серп и молот» заводри прокатчиксемпе сталеварсем те государствӑн ҫӗнӗ заемне пурте пӗр ҫын пек пулса ҫырӑннӑ.

Сталевар помощникӗ Ю. Моторин ҫӗнӗ заем тухнӑ ятпа иртнӗ пухура ҫапла каланӑ:

— Кӑҫал эпӗ тата манӑн юлташсем ҫамрӑк рабочисен каҫхи шкулне вӗренме кӗретпӗр. Эпир государствӑна кивҫен паракан укҫа-тенкӗ ҫӗнӗ шкулсем тума кайнине лайӑх пӗлетпӗр. Ҫавӑнпа та эпӗ заема чӗререн ырласа ҫырӑнатӑп, цех коллективӗ планран иртерсе темиҫе пин тонна металл пама йышӑннӑ обязательствӑна пурнӑҫлас тесе пӗтӗм вӑй-хӑвата хурса ӗҫлӗп.

Государство ҫӗнӗ заем кӑларнӑ ятпа Мускаври «Динамо» заводӗнчи цехсенче, Л. М. Каганович ячӗпе тӑракан подшипниксем тӑвакан пӗрремӗш заводра, Хӗвеланӑҫ портӗнчи речниксем патӗнче, «Борец» заводра, столицӑри ытти предприятисенче те пухусемпе митингсем пулса иртнӗ.

Совет правительстви ҫӗнӗ заем кӑларасси ҫинчен йышӑннӑ постановление ытти предприятисемпе учрежденисенчи служащисем те, студентсемпе преподавательсем те чӗререн ырласа йышӑннӑ.

(ТАСС).

## Куйбышев хули илемленсе пырать

КУЙБЫШЕВ, июнӗн 23-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗҫҫынни депутачӗсен Куйбышев хула Совечӗн ӗнер пулса иртнӗ сессийӗ хула благоустройстви ҫинчен сӳтсе явнӑ.

Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче Куйбышев Атӑл тӑрӑхӗнчи илемлӗ хуласенчен пӗри пулса тӑчӗ. Хула урамӗсемпе площачӗсене асфальт сарса тухнӑ, йывӑҫсем лартса илемлетнӗ. Каҫхине электричество ҫути ялкӑшса тӑрать.

Ҫӗнӗрен трамвай, троллейбус ҫулӗсем хывнӑ, водопровода аслӑлатнӑ. Ҫӗршер ҫуртсене ӑшӑ парса тӑма тытӑннӑ, ӗҫҫыннисен 20 пине яхӑн хваттерне газ кӗртнӗ.

Кӑҫал тата 277 пин тӑваткал метр чухлӗ урамсемпе площадьсене асфальт сарса тухаҫҫӗ. Ҫӗнӗ водопроводсем тума, хваттерсене газ кӗртме укҫа-тенкӗ нумай уйӑрса параҫҫӗ.

Самара шывӗ Атӑла юхса кӗнӗ вырӑнтан инҫетре мар пысӑк строительство сарӑлса пырать. Кунта пысӑк кӗпер тӑваҫҫӗ. Ҫак кӗпер хула центрне юлашки ҫулсенче Самара шывӗн леш енче ӳссе ситӗннӗ ҫӗнӗ хулапа ҫыхӑнтарать.

Хула Совечӗ благоустройство ӗҫне вӑйлатма кирлӗ ӗҫсем тума палӑртнӑ.

## Ҫур ҫулталӑк планне тултарнӑ

ХУСАН, июнӗн 25-мӗшӗ. (ТАСС). «Татнефть» пӗрлешӗвӗн коллективӗ ӗнер нефть кӑлармалли ҫур ҫулталӑк планне тултарнӑ. Ӑмӑртура «Бавлынефть» тресчӗ малта пырать. Трест коллективӗ ҫур ҫулталӑк планӗнчен иртерсе вуншар пин тонна нефть кӑларнӑ.

Пилӗк уйӑхра «Татнефть» икӗ миллион тенкӗ ытла укҫа перекетленӗ.

## Цехри хӗрлӗ кӗтес

Канашри вагонсем юсакан заводри йывӑҫ касмалакан цехри хӗрлӗ кӗтес лайӑх ӗҫлет. Кӑнтӑрлахи апат вӑхӑтӗнче тата сменӑсем улшӑннӑ хыҫҫӑн кунта халӑх нумай пулать. Вӗсем хамӑр ҫӗршыври тата ют ҫӗршывсенчен пӗлтерекен юлашки хыпарсене итлеҫҫӗ, тӗрлӗ вӑйӑсем выляҫҫӗ.

Хӗрлӗ кӗтесӗн совечӗ кашни рабочипе работницӑ политикӑлла событисене ялан пӗлсе тӑтӑр тесе тӑрӑшать. Кунта куллен агитаторсем пулаҫҫӗ. Вӗсем каласусем иртереҫҫӗ, хаҫатри материалсене цехри е заводри ӗҫсемпе ҫыхӑнтарса ӑнлантарса параҫҫӗ.

Хӗрлӗ кӗтесре час-часах докладсемпе лекцисем пулаҫҫӗ. Юлашки икӗ уйӑх хушшинче «Корея ҫинчен», «Италипе Францири ӗҫҫыннисем реакцие хирӗҫ, хӑйсен прависемшӗн кӗрешни», «Социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗ», ҫинчен тата ытти темӑсем тӑрӑх та лекцисем вуланӑ.

Кунта шахматла тата шашкӑлла вылякансен турнирӗсем те пулса иртеҫҫӗ. Цехӑн хисеп-хӑми ҫине чи лайӑх рабочисемпе работницӑсен ячӗсене ҫырнӑ, вӗсен фотоӳкерчӗкӗсене вырнаҫтарнӑ.

Хӗрлӗ кӗтесре кашни уйӑхра икӗ хут стена хаҫачӗ тухса тӑрать. Кунтах куҫса ҫӳрекен библиотека ӗҫлет.

А. АЛЕКСЕЕВ.

## Малта пыракан предприятисем

Чӑваш АССР Апат-ҫимӗҫ тата ҫӑмӑл промышленность министерствине пӑхӑнса тӑракан чылай предприятисем продукци туса кӑлармалли ҫур ҫулхи плана срокчен тултарнӑ. Етӗрнери ҫу завочӗ, Шупашкарти макарон фабрики, Калининӑри апат-ҫимӗҫ комбиначӗ плана пур изделисем енӗпе те тултарнӑ.

Кувакинӑри апат-ҫимӗҫ комбиначӗ иртнӗ ҫулсенче юлса пынӑ. Ӗҫе тӗрӗс организациленине, рабочисем хушшинче социализмла ӑмӑрту анлӑн сарнине, вырӑнти чӗртаварпа ытларах усӑ курнине пула комбинат ҫур ҫулхи плана ӑнӑҫлӑ тултарнӑ.

Шупашкарти сӑра завочӗн тата хулари апат-ҫимӗҫ комбиначӗн коллективӗсем те тухӑҫлӑ ӗҫлеҫҫӗ.

Г. ЗЕЛЕНОВ.

## СТРОИТЕЛЬСТВО БРИГАДИН ҪИТЕЙӖВӖ

Комсомольски районӗнчи пӗрлешсе пысӑкланнӑ Калинин ячӗпе тӑракан колхоз хуҫалӑхӗ ҫулсеренех тӗреклӗнсе пырать. Иртнӗ ҫулта кунта строительство бригади сыснасем тата чӑх-чӗпсем валли ҫӗнӗ витесем туса лартнӑччӗ тата ӗҫ хатӗрӗсене усрама ҫӗнӗ сарай та тунӑ.

Кӑҫал Н. Твороговпа Г. Петров ертсе пыракан строительство бригадисем уйрӑмах паха тӗслӗхсем кӑтартаҫҫӗ. Вӗсем 24 лаша вырнаҫмалӑх ҫӗнӗ вите лартрӗҫ. Тепӗр витене тӗпренех юсарӗҫ, ҫӗнӗрен автогараж турӗҫ.

Платниксем патӗнче час-часах агитаторсем пулаҫҫӗ. Вӗсем куллен тӗнчере пулса иртекен ӗҫсем ҫинчен хаҫат-журналсем вуласа паллаштараҫҫӗ, ҫӗнӗ стена хаҫачӗсен уйрӑм номерӗсене вуласа параҫҫӗ. Платниксем хушшинче социализмла ӑмӑрту анлӑн сарӑлса пырать. Сывӑх вӑхӑтрах строительство бригади кивелнӗ ӗне витине тата ҫил арманне юсама пуҫлать.

А. ТВОРОГОВ.

*Районти хаҫатсене пӑхса тухни*

## Кампанилӗх тыткӑнӗнче

Ялхуҫалӑх ӗҫченӗсем хӗрӳллӗ те ответлӑ тапхӑра кӗчӗҫ. Халӗ ӗнтӗ калчасене пӑхса ӳстерес, тырпул пухса кӗртме тата государствӑна ялхуҫалӑх продукчӗсем пама хатӗрленес задача малти вырӑна тухса тӑчӗ.

Апла пулин те Калинино районӗнчи «Сталин ҫулӗпе» хаҫат ку ыйтӑва саплипех тӗп вырӑна хумасть-ха. Ҫакӑ вӑл хаҫат ялхуҫалӑх ыйтӑвӗсене кампанилле кӑна ҫутатса пыма хӑнӑхнинчен килет.

«Сталин ҫулӗпе» хаҫат ҫураки вӗҫленнӗ хыҫҫӑн ялхуҫалӑхӗн тӗп ыйтӑвӗсене айккине тӑратса хӑварни сисӗнет. Вӑл тырпул пухса кӗртме хатӗрленесси ҫинчен июнӗн 11-мӗшне ҫитиччен нимӗн те шарламарӗ. Ҫитменнине ку номерти статья та пӑтраштарнӑ сводка евӗрлӗ кӑна:

«МТС коллективӗ план тӑрӑх (?) 16-шар комбайнпа молотилкӑран 3-шерне (?) тата 50 жнейкӑран 17-шне кӑна юсанӑ. Маленков ячӗпе тӑракан колхозра икӗ жнейкӑран пӗрне те юсаман, 5 молотилкӑран иккӗшӗ кӑна юсавлӑ...», — тесе ҫырать хаҫат.

Ҫакӑн пек нимӗн тӗлли-паллисӗр пӑтраштарса, фактсене регистрацилесе иртсе кайни, урӑхла каласан, «шӑлсӑр критика», никама та усӑ кӳме пултараймасть. Мӗншӗн тесен хаҫат ку ӗҫри ҫитменлӗхсемпе чӑрмавсене тӗплӗн уҫса памасть.

«Калас пулать,—тесе палӑртать хаҫат,—хӑшпӗр колхозсенче е МТС-ри бригадӑсенче кӑҫал иртнӗ ҫулхи йӑнӑшсене пӗтерсе пырассишӗн кирлӗ пек кӗрешмеҫҫӗ-ха».

Иртнӗ ҫулта Калинино районӗнчи чылай колхозсенче тырпул пухса кӗртме ялхуҫалӑх машинисене вӑхӑтра юсаса хатӗрлеймен пулнӑ. Ҫавӑн пирки жнейкӑсемпе молотилкӑсем пур ҫинченех вӗсемпе йӗркеллӗ ӗҫлеймен, тырпул пухса кӗртнӗ чухне тӑкак нумай пулнӑ. МТС комбайнсемпе тырпул пухса кӗртмелли плана 23 колхозра пурнӑҫлайман.

Мӗн тунӑ-ха районти колхозсемпе МТС кӑҫал тырпул пухса кӗртме, государствӑна ялхуҫалӑх продукчӗсем пама хатӗрленес енӗпе?

«Сталин ҫулӗпе» хаҫат кун пирки хӑйӗн июнӗн 18-мӗшӗнчи умстатьинче (ку статья та сводка тӑрӑх ҫырнӑскер) ҫапла пӗлтерет:

«Чылай колхозсенче ку тарана ҫитсе те жнейкӑсене юсама, ӗҫ хатӗрӗсене, витнӗ итемсене йӗркелеме пуҫӑнман. Зерносушилкӑсемпе авӑнсем юсавлӑ мар, ҫавӑн пекех тырӑ хумалли складсене те йӗркелеме пуҫӑнман».

Кама кирлӗ-ха ӗҫе ҫакӑн пек ячӗшӗн кӑна туса пыни? Мӗншӗн-ха хаҫат тырпул пухса кӗртме хатӗрленес ӗҫри ответлӑха туйман руководительсене хӑюллӑнрах тӑрӑ шыв ҫине кӑларма шутламасть?

Ку ҫеҫ те мар. Хаҫат МТС дирекцийӗ ялхуҫалӑх машинисене тырпул пухса кӗртме юсаса хатӗрлес енӗпе ҫӳрӗк ӗҫленине сирсе яма хӑтланать. Вӑл, сӑмахран, машина-трактор станцинчи молотилкӑсене юсас ӗҫ юлса пынине акӑ мӗнле «сӑлтавпа» ӑнлантарма пӑхать:

«...Колхозсенче авӑн ҫапас ӗҫе вӑрӑма тӑсса пыни (сӑмах районти хӑшпӗр колхозсем иртнӗ ҫулхи тырӑсене кӑҫалхи ҫуркунне тин ҫапни ҫинчен пырать.—Ред). МТС-ӑн молотилкисене юсас ӗҫре те пысӑк чӑрмав турӗ».

МТС япӑх, ҫаврӑнӑҫусӑр ӗҫленине ҫакӑн пек ӑнлантарса пани вӑл, чи малтанах, хаҫат редакцийӗ хӑй те ҫак ыйтура кая юлнӑ шухӑшлӑ ҫынсен серепине лекнине пӗлтерет.

Сӑлтав шыраканшӑн мӗнле те пулин сӑлтав тупӑнатех ӗнтӗ. Анчах халӗ сӑлтавсем шыраса пушӑ сӑмах вӗҫтерни мар, хӗрӳллӗн ӗҫлени кирлӗ.

Калинино машина-трактор станцинче партипе государство дисциплинин ҫирӗп мар. Акӑ ӑҫта шырамалла ӗнтӗ кунта комбайнсемпе молотилкӑсене, жнейкӑсене тата ытти машинӑсене тырпул пухса кӗртме хатӗрлес ӗҫ юхса пынин чӑн-чӑн сӑлтавне.

Правительство кӑҫал комбайнсене, молотилкӑсене тата тырпул пухса кӗртмелли ытти машинӑсене 1953 ҫулхи июнӗн 10-мӗшӗ тӗлне юсаса ҫитерме кӑтарту панӑ. Анчах, ҫак срок иртиччен шутлӑ кунсем кӑна юлчӗҫ пулин те, МТС директорӗ Волков юлташ комбайнсемпе молотилкӑсене тата тырпул пухса кӗртмелли ытти машинӑсене юсас ӗҫе кирлӗ пек организацилемен. Июнӗн 20-мӗшӗ тӗлне МТС 16 комбайнран 6-шне, 14 молотилкӑран—4-шне, 45 жнейкӑран—23-шне ҫеҫ юсаса ӗлкӗрнӗ. Ҫакӑ вӑл, урӑх нимӗрен те мар, партипе правительство решенийӗсем ҫине формально пӑхнинчен килнӗ. «Пирӗн кадрсем хушшинче партипе правительство решенийӗсем ҫине формально пӑхакан, вӗсене пурнӑҫа кӗртессишӗн кӗрешес ӗҫре активлӑхпа хастарлӑх палӑртман работниксем те сахал мар-ха, вӗсем, хӑйсен ӗҫӗ начар пырать пулин те, хыпса ҫунмаҫҫӗ»—тет Г. М. Маленков юлташ ҫакӑн йышши работниксем пирки.

«Сталин ҫулӗпе» хаҫат тырпул пухса кӗртес ыйтӑва йӗркеллӗ ҫутатса пынӑ пулсан, харпӑр хӑй канлӗхне ӗҫ интересӗсенчен мала хуракан уйрӑм ҫынсене, вӗсем кам иккенне пӑхмасӑр, хӑюллӑн тупа-тупа палӑртнӑ пулсан, паллах, ку ӗҫре улшӑну пулатехчӗ.

Машина-трактор станцийӗ тырпул пухса кӗртмелли машинӑсене юсама вӑхӑтра пуҫӑнман, механизаторсен ӗҫне организацилес ӗҫри ҫитменлӗхсене вӑрахӑн пӗтереҫҫӗ,—хаҫат темшӗн ҫакна асӑрхамасӑр иртсе каять.

Хаҫат тырпул пухса кӗртме хатӗрлес ыйтӑва ҫиелтен, ячӗшӗн кӑна ҫутатать. Шӑпах ҫакна пула ӗнтӗ хаҫат хӑйӗн иртнӗ номерӗнче мӗн ҫырнине те манса каять. Июнӗн 11-мӗшӗнче вӑл МТС «50 жнейкӑран 17-шне кӑна юсанӑ»,—тесе ҫырнӑччӗ. Тепӗр 7 кунтан вара кунти «жнейкӑсем пӗри те юсавлӑ мар»—тесе пӗлтерчӗ. Мӗнле-ха капла? Хӑшӗ тӗрӗс? Чӑваш АССР Ялхуҫалӑх тата хатӗрлев министерствинчи сведенисем тӑрӑх, июнӗн 20-мӗшӗ тӗлне унта 45 молотилкӑран 23-шне юсани курӑнать.

КПСС Чӑваш обкомӗн V-мӗш пленумӗ тырпул пухса кӗртме, государствӑна ялхуҫалӑх продукчӗсем пама хатӗрленес ӗҫсене хӑвӑртлатма хушрӗ. Пленум республикӑри парти, совет тата ялхуҫалӑх органӗсене иртнӗ ҫулхи йӑнӑшсене асра тытма кирли ҫинчен асӑрхаттарчӗ. Пӗлтӗр, тырпул пухса кӗртме начар хатӗрленнӗ пирки, нумай колхозсенче ку ӗҫе йӗркеллӗ туса иртермен, ҫавӑнпа хире тырӑ нумай тӑкса хӑварнӑ пулнӑ. Ҫак асӑрхаттару хаҫатсен редакцийӗсене те тӳрех пырса тивет.

Вырӑнти пичетӗн халӑхи ответлӑ задачи вӑл—ялхуҫалӑх ҫулӗн ҫак чи ответлӑ тапхӑрне кӗме тӗплӗн хатӗрленсе ҫитессишӗн пыракан кӗрешӗве пуҫарса, организацилесе пырасси пулать.

Районти хаҫатсем тырпул пухса кӗртес тата государствӑна тырӑ парас ӗҫсене лайӑх туса иртерессишӗн пуҫланнӑ кӗрешӗвӗн чӑн-чӑн организаторӗсем пулма тивӗҫлӗ.

# Государствӑн ҫӗнӗ заемӗ

**А. Зверев,**
*СССР Финанс министрӗ*

СССР Министрӗсен Совечӗ СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государство заемӗ (1953 ҫулхи кӑларӑм) кӑларасси ҫинчен йышӑннӑ постановлени пичетленсе тухрӗ.

Заема ССР Союзне аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӑрӑх палӑртнӑ ӗҫсене пурнӑҫлама укҫа-тенкӗ парса тӑрас ӗҫе халӑх укҫи-тенкине хутшӑнтарас тӗллевпе кӑларнӑ. Ҫак укҫа-тенкӗпе социализмла экономикӑна малалла вӑйлатас, халӑхӑн материальнӑй пурнӑҫӗпе культурине ӳстерес ӗҫре усӑ кураҫҫӗ.

Кӑҫал заем 15 миллиард тенкӗлӗх, урӑхла каласан, 1952 ҫулхинчен икӗ хут сахалрах кӑларнӑ. Заем суммине иртнӗ ҫулхинчен чакарни социализмла хуҫалӑхра укҫа пухӑнасси вӗҫӗмсӗр ӳссе пынинчен килнӗ. Социализмла хуҫалӑх паракан тупӑшсем СССР государство бюджетӗнче тӗп вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ. Ҫакна шута илсе, Правительство бюджета заемсем тӑрӑх халӑх укҫи пухӑнассине чакарма кирлӗ тесе шутларӗ.

Социализмла государствӑн тупӑшӗсем Совет Союзӗн пӗтӗм халӑх хуҫалӑхӗ вӑйланнипе, ӗҫ тухӑҫлӑхӗ ӳснипе, продукцин хӑйне ларакан хакӗ чакнипе ӳссе пыраҫҫӗ.

Иртнӗ 1952 ҫулта промышленноҫпа ялхуҫалӑх продукцийӗ туса кӑларассине малалла ӳстернӗ, ваккӑн суту-илӳ ҫаврӑнӑшӗ ӳснӗ. 1952 ҫулта промышленность производстви 1951 ҫулхинчен 11 процент ытларах пулнӑ. Иртнӗ ҫул тырпул тата техникӑлла культурӑсем нумай туса илнӗ, выльӑх-чӗрлӗх продукцийӗ ӳснӗ.

Обществӑлла производство ӳснипе халӑхӑн материальнӑй пурнӑҫӗ лайӑхланнине кӑтартакан тӗп паллӑсенчен пӗри наци тупӑшӗ ӳсни пулать. 1951 ҫулта СССР наци тупӑшӗ, вӑрҫӑчченхи 1940 ҫулхипе танлаштарсан, 83 процент ытларах пулнӑ, 1952 ҫулта вӑл татах 11 процент ӳснӗ. Совет Союзӗнче пӗтӗм наци тупӑшӗ—ӗҫҫыннисен тупӑшӗ. 1952 ҫулта ӗҫсыннисем, иртнӗ ҫулхисенчи пекех, хӑйсен материальнӑй тата культурӑллӑ ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме наци тупӑшӗнчен тӑватӑ пайран виҫӗ пайне илнӗ. Наци тупӑшӗн ытти пайӗ социализмла производствӑна вӑйлатма тата государствӑпа обществӑн ытти ӗҫӗсене тума кайнӑ.

Наци тупӑшӗ тӑтӑшах ӳссе пыни СССР государство бюджетне ӑнӑҫлӑ тултарма май парать. Бюджета тултарнипе эпир кашни ҫул халӑхӑн материальнӑй тата культурӑллӑ ыйтӑвӗсене тивӗҫтерессине ӳстерсе пыма, ҫакӑнпа пӗрлех халӑх хуҫалӑхне укҫа-тенкӗ нумай хывма пултаратпӑр.

Халӑхӑн пурнӑҫ шайне хӑпартас ӗҫре куллен кирлӗ таварсен хакне пӗрмай йӳнетсе пыни пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Тавар хакне йӳнетнипе халӑх нумай усӑ курать.

Кӑҫалхи апрелӗн 1-мӗшӗнче государствӑн ваккӑн сутмалли хакӗсене вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи—тапхӑрта улттӑмӗш хут йӳнетнӗ чухне мӗнпур апат-ҫимӗҫпе куллен кирлӗ промышленность таварӗсен хакӗсене тенӗ пекех йӳнетнӗ. Кӑҫал тавар хакӗсене йӳнетнипе халӑх ҫулталӑк хушшинче 53 миллиард тенкӗрен кая мар усӑ курать.

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви халӑх пурнӑҫне лайӑхлатассишӗн пӗрмай тӑрӑшни массӑллӑ таварсем туса кӑларасси тата ҫак таварсене сутасси ӳсиничче те курӑнса тӑрать.

1952 ҫулта, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, халӑха государствӑпа кооперации суту-илӗвӗ енӗпе тавар сутасси 10 процент ӳснӗ.

Юлашки вӑхӑтра правительство халӑх валли промышленность таварӗпе апат-ҫимӗҫ туса кӑларассине тата сутассине планпа ҫирӗплетнинчен ытларах ӳстерме ятарласа решенисем йышӑнчӗ. Куллен кирлӗ таварсем туса кӑларас тӗлӗшпе ӗҫлекен промышленность отраслӗсене, чи малтан, ҫӑмӑл тата апат-ҫимӗҫ, вырӑнти тата кооперации промышленноҫне тӗрлӗ ассортиментлӑ тата паха таварсем туса кӑларма хушса заданисем панӑ.

Куллен кирлӗ таварсем туса кӑларассине ӳстерни тата ҫак таварсен ваккӑн сутмалли хакӗсене тӑтӑшах йӳнетсе пыни совет укҫине ҫирӗплетсе пырать. Совет Союзӗнче укҫа системи кунтан-кун ҫирӗпленет.

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви, халӑхӑн тӗп интересӗсене шута илсе, халӑх хуҫалӑхне пӗтӗм обществӑн ялан ӳссе пыракан материальнӑй тата культурӑллӑ ыйтӑвӗсене ытларах тивӗҫтермелле тӑвас тӗллевпе вӑйлатса пыраҫҫӗ.

Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ ССР Союзне 1951—1955 ҫулсенче аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе панӑ директивӑсем тӑрӑх халӑх хуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсене малалла аталантарма, промышленноҫпа ялхуҫалӑх продукцийӗ туса кӑларассине ӳстерме, тавар ҫаврӑнӑшне вӑйлатма, ҫӗршывӑн наци тупӑшне ӳстерме палӑртнӑ.

1955 ҫулта промышленность продукцийӗ туса кӑларасси, 1950 ҫулхипе танлаштарсан, 70 процента яхӑн ӳсмелле. Ку вӑл, вӑрҫӑчченхи 1940 ҫулхипе танлаштарсан, 3 хут ытларах пулать. Тырпул, ҫӗр мамӑкӗ, ҫӗрулми тата ытти ялхуҫалӑх культурисем туса илесси чылай ӳсет, ҫавӑн пекех выльӑх-чӗрлӗх продукцийӗ те ӳсет.

Пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра халӑхӑн реальнӑй тупӑшӗ малалла ӳсет. Рабочисемпе служащисен реальнӑй ӗҫ укҫи, ваккӑн сутмалли тавар хакӗсене йӳнетнине шута илсен, 35 процентран кая мар, колхозниксен укҫан тата натурӑпа илекен тупӑшӗ 40 процентран кая мар ӳсет.

Наци тупӑшӗ ӳсни ҫакӑнпа пӗрлех тата производствӑна, ҫурт-йӗр строительствине аслӑлатма, сутӗҫӗпе сывлӑх ӗҫне вӑйлатма бюджетран укҫа-тенкӗ ытларах уйӑрса пама май парать.

Халӑх хуҫалӑх планӗсене ҫултан-ҫул ӑнӑҫлӑ тултарни тата иртерсе тултарни ҫакӑн ҫинчен калать: Совет Союзӗ социализмла экономикӑна малалла хӑвatлӑн ҫӗклентерес ҫулпа, халӑхӑн материальнӑй пурнӑҫӗпе культурине пӗрмай ӳстерсе пырас ҫулпа пырать.

Капитализмла ҫӗршывсенче ӗҫсем пачах урӑхла. Унта, экономикӑна милитаризациленине пула, куллен кирлӗ таварсем туса кӑларасси чакса пырать, ӗҫсӗрлӗх ӳсет, халӑх тавар илме пултарни чакать, таварсен хакӗ ӳсет. Капитализмла государствӑсем питӗ пысӑк ҫар расходӗсене витме халӑхран илекен налогсене вӗҫӗмсӗр ӳстереҫҫӗ, хут укҫа нумай кӑларса тултараҫҫӗ. Ҫакна пула рабочисемпе служащисен реальнӑй ӗҫ укҫи чакать, ӗҫҫыннисен материальнӑй пурнӑҫӗ начарланать.

Совет государстви мире сыхласа хӑварас тата тӗреклетес политика тытса пынипе, тӗнчери халӑхсемпе килӗштерсе пурӑнас тата мӗнпур ҫӗршывсемпе ӗҫлӗ ҫыхӑнусем тытассине вӑйлатас политика тытса пынипе бюджетри укҫа-тенкӗн пысӑк пайне халӑх хуҫалӑхне вӑйлатма, ӗҫҫыннисен материальнӑй пурнӑҫӗпе культурӑллӑ шайне ӳстерме парса тӑрать.

Совет Союзӗн государство бюджечӗ коммунизм тумалли мирлӗ бюджет пулса тӑрать. Бюджетра Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви хамӑр ҫӗршыва экономикӑпа культура тӗлӗшӗнчен ӳстерме вӗҫӗмсӗр тӑрӑшни, совет ҫыннисен ырӑ пурнӑҫӗшӗн тӑрӑшни, вӗсен ӳссе пыракан ыйтӑвӗсене ытларах тивӗҫтерме тӑрӑшни уҫҫӑн курӑнса тӑрать.

Совет бюджечӗн тупӑшӗсен тӗп пайӗ социализмла предприятисемпе организацисенчен пухӑнать. Экономика пӗрмай ҫӗкленсе пыни государство бюджечӗн тупӑшӗсене социализмла хуҫалӑх шучӗпе вӗҫӗмсӗр ӳстерсе пыма май парать.

Ҫакӑнпа пӗрлех СССР государство тупӑшне ӳстермелли ҫӑлкуҫӗсенчен пӗри—государство заемӗсене сарнипе пухӑнакан укҫа-тенкӗ.

Совет заемӗсем хуҫалӑхпа культура строительствин планӗсене тултарма, хамӑрӑн государствӑн вӑй-хӑватне тӗреклетме пулӑшаҫҫӗ.

Государство заемӗсем, ҫакӑнпа пӗрлех, облигацисем туянакансене те чылай усӑ параҫҫӗ. 1952 ҫул хушшинче кӑна ӗҫҫыннисем государство заемӗсен облигацийӗсем тӑрӑх 6,8 миллиард тенкӗ укҫа выляса илнӗ. 1953 ҫулта государство заемӗсем тӑрӑх 24 выляв пулать. Кӑҫал пӗтӗм вылявсем тӑрӑх 9,8 миллиард тенкӗ укҫа тӳлемелле.

Совет правительстви кӑларнӑ ҫӗнӗ заем — халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государство заемӗ (1953 ҫулхи кӑларӑм) ҫӗнӗ фабрикӑсемпе заводсем, шкулсем, пурӑнмалли ҫуртсем, больницӑсем тӑвас ӗҫе ҫӗнӗрен хушса укҫа уйӑрса пама май парать. 1953 ҫулта, Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ ССР Союзне аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе панӑ директивӑсем тӑрӑх, ҫурт-йӗр строительстви вӑйланать, вӑтам шкулсемпе аслӑ шкулсенче вӗренекенсен йышӗ ӳсет, больницасем, ача ҫуратмалли ҫуртсем, санаторисем нумайланаҫҫӗ. Государство заемӗсем тӑрӑх халӑхран пухӑнакан укҫа Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви ҫӗршыва хуҫалӑхпа культура тӗлӗшӗнчен аталантарма палӑртнӑ ӗҫсене пурнӑҫлама пулӑшать.

Ҫӗнӗ заема 20 ҫуллӑха 500, 200, 100, 50, 25 тата 10 тенкӗлӗх облигацисемпе кӑларнӑ.

Иртнӗ ҫулсенчи заемсем пекех ҫӗнӗ заем та выляврӑ заем пулать. Ҫӗнӗ заем тӑрӑх ҫулталӑкри тупӑш 3 процент чухлӗ пулать, иртнӗ заемсем тӑрӑх тупӑш 4 процент пулнӑ. Ҫӗнӗ заем тӑрӑх тупӑшсен виҫине улӑштарассине укҫа хакӗ ӳснине шута илсе тунӑ. Укҫа хакӗ апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен ваккӑн сутмалли хакне тӑтӑшах йӳнетнипе ҫирӗпленнӗ.

Ҫӗнӗ заем тӑрӑх 100 тенкӗлӗх облигаци ҫине 10.000, 5.000, 1.000, 500 тата 200 тенкӗлӗх выигрышсем тухаҫҫӗ, кунта облигаци хакӗ те кӗрет. Ҫӗнӗ заем тӑрӑх пӗтӗм облигацисенчен, иртнӗ заемри пекех, 35 проценчӗ выляса илет.

1954 ҫултан пуҫласа ҫӗнӗ заем тӑрӑх кашни ҫул иккӗшер выляв пулса иртет. 20 ҫул хушшинче пӗтӗмпе 40 выляв пулать. Заемӑн выляса илмен облигацийӗсене 1958 ҫулхи октябрӗн 1-мӗшӗнчен пуҫласа 15 ҫул хушшинче, заем срокӗ тухиччен, хӑйсен хакӗ чухлӗ тӳлесе каялла илеҫҫӗ.

Государствӑн ҫӗнӗ заемне иртнӗ ҫулсенчи пекех халӑх хушшинче предприятисенче, учрежденисенче, колхозсенче, совхозсенче, промысла артелӗсенче, домоуправленисенче тата ытти организацисенче ҫырӑнтарса параҫҫӗ.

Заема вырнаҫтарнӑ чухне ирӗккӗн ҫырӑнтармалли йӗркене ҫирӗп асӑрхаса тӑмалла. Заема ӗҫҫыннисем хушшинче вӗсем ӗҫлесе илекен икӗ эрнелӗх ӗҫ укҫи чухлӗ ҫырӑнтараҫҫӗ. Предприятисене, учрежденисене, финанс органӗсене ӗҫҫыннисем ӗҫлесе илекен икӗ эрнелӗх ӗҫ укҫинчен ытларах ҫырӑнтарма чарнӑ.

Заем укҫишӗн малтанхи хут ӗҫ укҫинчен 1953 ҫулхи июнӗн иккӗмӗш пайӗнче тӳлеме тытӑнаҫҫӗ. Юлашки хут 1954 ҫулхи апрелӗн малтанхи пайӗнчи ӗҫ укҫинчен тытса юлаҫҫӗ. Хресченсем заем укҫине, хӑйсем килӗшнӗ тӑрӑх, е заем ҫырӑнса илнӗ чухне тӳррех укҫине тӳлесе татса облигацисем илеҫҫӗ, е 1954 ҫулхи апрелӗн 15-мӗшӗччен пайӑн-пайӑн тӳлесе татаҫҫӗ.

Заем ҫырӑнтарасси тата заем укҫи пухасси государствӑн пысӑк ӗҫӗ пулса тӑрать. Ҫавӑнпа та ҫак ӗҫе туса иртерме массӑллӑ ӑнлантару ӗҫне анлӑн сарса яни тата организацилле ӗҫсем туса пыни кирлӗ.

Заем енӗпе массӑлла-политикӑлла ӗҫе тӗрӗс организацилесе лайӑх иртерни ӑна вырнаҫтарма кирлӗ паха услови пулса тӑрать. Мӗнпур ӗҫҫыннисене ҫакӑн ҫинчен анлӑн ӑнлантарса памалла: ҫӗнӗ заем Совет государствин хӑватне малалла тӗреклетме, унӑн оборона пултарулӑхне вӑйлатма, социализмла промышленноҫпа ялхуҫалӑхне ӳстерме, халӑхӑн материальнӑй пурнӑҫӗпе культурӑллӑ шайне малалла ӳстерме пулӑшать.

Рабочисене, служащисене, хресченсене тата мӗнпур ӗҫҫыннисене заем ҫырӑнса илмелли условисемпе паллаштарас пулать. Кунта уйрӑмах ҫакӑн ҫинчен асӑрхаттарни кирлӗ: ҫӗнӗ заема 15 миллиард тенкӗлӗх е иртнӗ ҫулхинчен икӗ хут сахалрах кӑларнӑ. Ҫавӑн пекех заем ҫырӑнса илмелли тата заем укҫи тӳлемелли йӗрке ҫинчен ӑнлантарса памалла.

Хуларипе ялти ӗҫҫыннисем ӑнланулла хутшӑннипе ҫӗнӗ заема ӑнӑҫлӑ тата йӗркеллӗ вырнаҫтармалла тӑвар.

# Тырпул пухса кĕртме лайăх хатĕрленер!

## Çумкурăксене тасатаççĕ, утă çулаççĕ, силос хываççĕ

КУККЕС. (Телефонпа). «Гвардеец» колхоз членĕсем суртрисене çумкурăксенчен тасатас ĕçне тăрăшса ĕçлеççĕ. Е. Ефремов бригади уйрăмах лайăх тĕслĕхсем кăтартать. Колхоз паянхи куна 200 гектар çинчи тырпула çумкурăксенчен тасатнă.

«Коммунизм» колхозра та çум çумлас ĕçе лайăх организациленĕ. П. Исаков коммунист ертсе пыракан бригада уйхирти тырăсемпе пахча çимĕçсене çумкурăксенчен тасатса пĕтернĕ. Халĕ колхозра МТС машинипе лартнă çĕрулми тĕмĕсене культиваторпа купалаççĕ. Ку ĕçе В. Иванов ертсе пыракан трактор бригади тăвать.

Сталин ячĕпе, Мичурин ячĕпе, Суворов ячĕпе, Куйбышев ячĕпе, Киров ячĕпе тăракан тата ытти нумай колхозсенче те чылай тыр гектар çинчи тырпула çумкурăксенчен тасатнă.

«1-ое Мая» колхозра кĕркунне силос валли 9 гектар çине ыраш акса хăварнăччĕ. Халĕ çав ыраша тата 3 гектар çинчи клевера çулса 90 тонна силос хывнă. Силос хывас ĕçре МТС агрономĕ З. Никитина, колхозри ферма заведующийĕ М. Семенов юлташсем пысăк пулăшу панă. Колхоз силос хывмалли плана çултан-çул иртерсе тултарать. Кăçалхи плана 60 процента ытла тултарнă та ĕнтĕ. Халĕ колхозра уй-хир бригадисем пĕр çул ÿсекен курăксене çулма тытăннă.

Суртырисене çумкурăксенчен тасатас ĕç районти уйрăм колхозсенче çителĕксĕр пулса пырать-ха. «Серп и молот», «Победа», Ворошилов ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан колхозсен руководителĕсем çак ĕçпе сахал интересленеççĕ, тырăсене çумкурăксенчен тасатас ĕç çине нÿрне витĕр пăхаççĕ. Çав колхозсенче агрономсем те пусăрулăх кăтартмаççĕ, колхозниксене тырăсене çумкурăксенчен тасатма мобилизациленмеççĕ.

* * *

КРАСНОАРМЕЙСКИ. «Партизан» колхозри уй-хир бригадисем тырпулсене çумкурăксенчен тасатсах тăраççĕ. Колхозниксем çавăн пекех нумай çул хушши ÿсекен курăксен вăрлăх участокĕсене те çумкурăксенчен тасатаççĕ. Никитин юлташ ертсе пыракан бригада июнĕн 19-мĕшĕнче нумай çул ÿсекен курăксене çулма пуçларĕ, ытти бригадăсем те июнĕн 22-мĕшĕнчен пуçласа утă çулаççĕ.

Вылăхсене ситерме кĕркунне 16 гектар çинче ыраш акса хăварнăччĕ. Çак ыраша симĕсле çулса вылăхсене ситерĕç. Юлашки çинчен 40 тонна силос хывнă.

Вылăх апачĕ хатĕрлекен бригада 8 гектар çинчи тымарçимĕçсене çулланă, ун хыççăн тракторпа ĕçлесе рет хушшисене кăпкалатнă. Халĕ трактористсем çĕрулми участокне кăпкалатма çĕрте ĕçлеççĕ.

Колхоз 60 гектар çинче ыраша искусственнăй майпа шăркалантарнă.

МТС-ăн 13-мĕш трактор бригади ирхи çĕртме пуссине культиваци тăвать.

Тырпул пухса кĕртме хатĕрленнĕ вăхăтра колхозра строительство ĕçĕ сахалса пырать. Строительство бригади кăçал 26 пин ытла саман кирпĕчĕ хатĕрлерĕ. Путеккем валли пĕр витĕ, çĕрулми хывмалли хранилище туса лартнă, икĕ витене çĕнетме тĕпрен юсанă.

**В. КУЗЬМИН.**

* * * *

## Механизаторсем патĕнче

КОМСОМОЛЬСКИ. МТС картишĕнче, мастерскойсенче иртенпех хĕрÿ ĕç шавĕ илтĕнсе тăрать. Цехсенче станоксем кĕрлеççĕ, йывăр мăлатуксем хĕртнĕ тимĕре çапаççĕ, двигательсем ĕçлеççĕ.

МТС картишĕнче комбайнсем йышлăн тăраççĕ. Моторне çалатса пăрахнă «С-6» комбайн айĕнчен В. Самарина комбайнер машина пайĕ çине тинкерсех пăхать. Хăй патне çынсем пынине курсан, вăл тÿрленсе тăчĕ те, варалаккă аллине тÿнтерĕшĕпе куç çине анса ларнă çÿç пайăркине тÿрлетсе янă хыççăн, çынсем патне утрĕ.

В. Самарина комбайнер пулса 15 çул ытла ĕçлет. Вăл иртнĕ çул комбайнпа ĕçлесе пысăк çитĕнÿ турĕ, 430 гектар выранне 438 гектар çинчен тырă вырса пуçтарчĕ, кунсăр пусне 3.622 центнер тырă çапрĕ. Ленин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем пултарулă комбайнера иртнĕ суйлавра район Совечĕн депутатне суйларĕç.

— Çак кунсенчех комбайна юсаса çитеретпĕр. Хăвăрт тата пысăк пахалăхпа юсанăскер комбайна. Лайăх юсанă комбайнпа çеç ăнăçлă ĕçлеме пулать. Механизаторсем умĕнчи задача çулсеренех ÿссе пырать. Колхозниксем техникăна тулли çул курсан çеç вăйлă тырпул туса илме пулнине лайăх ăнланаççĕ. Кăçал комбайнпа пĕлтĕрхинчен чылай нумайрах ĕç тума шутлатăп. 500 гектартан кая мар тыр вырса пуçтарма сăмах патăм,—тет Самарина юлташ.

Кунти кашни комбайнер, кашни механик çак шухăш-кăмăлпа ĕçлет. Кашниех комбайнсене кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа юсаса çитересшĕн, хăвăртрах çирĕплетсе панă колхоза çитессишĕн кĕрешет.

Иртнĕ çул «С-4» комбайнпа ĕçлесе пысăк çитĕнÿ тунă К. А. Кузнецов комбайнер ик-виçĕ кун каялла комбайна пысăк пахалăхпа юсаса, Киров ячĕпе тăракан колхоза туха кайрĕ. Вăл кăçал хăй ĕçлекен комбайнпа 450 гектар вырса пуçтарма обязательство илчĕ. Комбайна ăнăçлăн юсаса пĕтернĕ хыççăн, Константинов юлташ та колхоза туха кайрĕ.

Комбайнсене юсас ĕçре çавăн пекех А. Буланков, П. Уросов, И. Чернов юлташсем те пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ.

Кăçал МТС-ăн «С-4» комбайн—7, «Коммунар»—10, «С-6»—7 юсамалла. Механизаторсем комбайнсене çак кунсенче юсаса пĕтересшĕн кĕрешеççĕ. Вĕсем хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçлĕç.

**Н. КВАСОВ.**
**Л. ТАЛЛЕРОВ.**

## Ялхуçалăх культурисене искусственнăй майпа шăркалантарасси

Шупашкар районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз уйĕнче çулĕ те çăра ыраш ÿссе çитĕнет. Ку колхозра тырăсене вăрлăхлăх акаççĕ.

92 гектар çине акнă ыраш тухăçлăхĕ кăçал пичсахлинчен нумай пулмалла. Колхозниксем кĕракинче тăрăшса ĕçлерĕç. Ыраша сортлă вăрлăхпа чи лайăх срокра акса хăварнă. Ыраш акнă участоксем çинче хĕлле юр тытнă. Çуркунне калчасене çÿрелене, аммиак селитрипе апат панă. Аммиак селитрине, кашни гектар пусне 0,5-шер центнер сапнă.

Анчах та çак ĕçсене туса иртернипе вăйлă тырпулпа пыракан кĕрешÿ пĕтмест-ха. Халĕ ÿсентăрансен пурнăçĕнче паллă тапхăр пуçланчĕ: вĕсем шăркана лараççĕ. Ыраш, хуратул, кантăр, клевер тата люцерна чечек тусанĕ пĕр чечек çинчен тепĕр чечек çине ларнипе шăркаланаççĕ. Çил е хурт-кăпшанкăсем (вĕлле хурчĕ, тĕкĕлтура тата ытти те) пулăшнипе çак культурăсен чечек тусанĕ пĕр чечек çинчен тепĕр чечек çине лекет. Анчах шăркаланасси яланах пĕр пек пулмасть. Вăйлă çил чухне, типĕ вăхăтра е çумăрлă сивĕ çанталăкра хурт-кăпшанкăсем акнă тырпулсем çине сайра-хутра кăна вĕçсе килеççĕ. Ун пек чухне ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ чылай чакать. Тырпул тухăçлăхĕ ан чактăр тесе, искусственнăй майпа шăркалантарма кирлĕ.

Искусственнăй майпа шăркалантарасси меслете Сталинла премин лауреачĕ А. С. Мусийко агроном кăтартса панă. Пирĕн республикăри нумай колхозсенче çак меслете анлăн усă кураççĕ. Искусственнăй майпа шăркалантарнă чухне ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ ÿсет кăна мар, вăрлăх пахалăхĕ те лайăхланать.

Искусственнăй майпа шăркалантарассине вăрлăхлăх участоксем çинче уйрăмах анлăн усă курмалла. Çав ĕçе вăхăтра туса иртерсен пĕрчĕллĕ тырăсен тата техникăллă культурăсен тухăçлăхĕ ялан ÿсет.

Молотов ячĕпе тăракан колхозра ыраша тата техникăллă культурăсене çулсерен искусственнăй майпа шăркалантараççĕ.

— Колхозăн ыраш вырăнĕ-вырăнĕпе выртнă, — тет колхоз агрономĕ Кириллова юлташ. — Ыраша тăратмалла тата шăркалантармалла. Эпир çак ĕçе туса иртерейтпĕр те.

Искусственнăй майпа шăркалантарас ĕç йывăр мар. Ун валли вĕрен илеççĕ. Икĕ çын вĕрен вĕçĕсенчен тытса ыраш уйĕ тăрăх утса пуçхасене сĕртĕнтерсе пыраççĕ. Чечекре ларакан пухăсем вĕрене пырса перĕннĕ тырпул чечек тусанне ытти пухăсем çине нумай кусараççĕ. Çапла туни ыраша лайăхрах шăркаланма пулăшать.

Ыраш чечеке ларчĕ. Искусственнăй майпа шăркалантармалли вăхăт çитрĕ. Шăркалантарассине ирхине, шăрăх çанталăк пуçланиччен, 4—5 кун хушши туса иртермелле. Кăнтăрлахи вăхăтра шăркалантарас ĕçе тумалла мар.

Искусственнăй майпа шăркалантарас ĕçе пĕлсе тата вăхăтра туса иртерсен ыраш тухăçлăхĕ гектар пусне 1,5—2 центнер тата ытларах та ÿсет.

**Ф. АБАКУМОВ.**

## Хурт-кăпшанкăсене пĕтерме

КРАСНОАРМЕЙСКИ. «Герой» колхозра тырпула сиенлекен хурт-кăпшанкăсене пĕтерме 480 килограмм гексохлоран илсе хатĕрленĕ. Колхозниксем пăрçа акнă 53 гектар çине гексохлоран сапрĕç. Ситес кунсенчех техникăлла тата пахча çимĕç культурисем акнă участоксем çине те сапаççĕ. Гексохлоран сапас ĕçе ялхуçалăх специалисчĕсем ертсе пыраççĕ.

**В. ЕФИМОВА.**

## Ветпункт çуртне халех туса пĕтермелле

ЭЛЕК. Тавăт ялĕнчи ветпункт çуртне тума пуçланăранпа виçĕ çул иртрĕ ĕнтĕ. Унăн тăррине витнĕ, урайпа мачча сарнă. Кантăкĕсене алăкĕсем те хатĕр. Анчах вĕсене вырнаçтарса лартман. Кăрсе кирпĕчсене кăмакасем туман. Пункт çуртне никам та хуралламасть.

Çав вăхăтрах ветпункт паян кун та уйрăм çын патĕнче. Кунта ĕçлеме условисем çук. Пахтарма илсе пынă вылăхсене урамрах тăратма тивет.

Районти ветлечебницăра ĕçлекенсен Тавăтри ветпункт çуртне туса пĕтерес ĕçе хăвăртлатмалла.

**С. ТИХОНОВ.**

## „Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырнă хыççăн

### «ШУПАШКАРА ИЛЕМЛЕТЕССИ ÇИНЧЕН»

Ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар хула Совет исполкомĕн коммунальнăй пайĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра апрелĕн 24-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Шупашкара илемлетесси çинчен» ятлă статьяра хускатнă ыйтăва хула Совечĕн хулана ĕçтĕсе явнă, çакăн хыççăн хулана илемлетес енĕпе чылай ĕçсем туса иртерни çинчен пĕлтерчĕ.

### «ЧУГУН ÇУЛ ШКУЛĔСЕНЧЕ АЧАСЕНЕ ÇИРĔП ПĔЛÜ ПАРАЙМАН»

Майăн 31-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленсе тухнă «Чугун çул шкулĕсенче ачасене çирĕп пĕлÿ параймаи» ятлă статьяра Канаш хулинчи вагонсем юсакан заводри 49-мĕш тата 13-мĕш, 29-мĕш номерлĕ вăтам шкулсенчи ачасем хушшинче вĕренÿре ĕлкĕрес пырайманнисем нумай пулнине, учительсем хушшинче ĕçлĕ туслăх çуккине, шкулсенче класс руководителĕсене пĕрмаях улăштарнине кăтартса панăччĕ.

КПСС Канаш хула комитечĕ статьяра çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса панă, çак комитечĕ хулари çутĕç пайĕ шкул директорĕсемпе тата шкулсенчи пуçламăш парторганизацисен секретарĕсемпе иртернĕ канашлура çитменлĕхсене пĕтересси çинчен сÿтсе явнă, тесе пĕлтерчĕ.

### «ОРГАНИЗАЦИЛЛĔ ĔÇСЕМ ÇУК ПИРКИ»

Ĕçсынни депутачĕсен Куславкка район Совечĕн исполкомĕ июнĕн 12-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленнĕ «Организациллĕ ĕçсем çук пирки» ятлă статьяна июнĕн 16-мĕшĕнче сÿтсе явнă. Район Совечĕн исполкомĕ çитменлĕхсене тĕрĕс критикленине палăртнă, районти çул-йĕр пайĕн заведующине Фадеев юлташа статьяра асăннă çитменлĕхсене кĕскĕ вăхăтра пĕтерме хушнă.

Район Совечĕн исполкомĕ культурăпа çутĕç пайне çул çинче ĕçлекенсем хушшинче культурăлла-массăлла ĕçе йĕркелеме хушнă.

### Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Советски районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри комсомол пуçламăш организаци ĕçĕнчи çитменлĕхсене кăтартса паракан çыру килнĕччĕ. Редакци çырăва КПСС Советски райкомне янăччĕ.

КПСС Советски райкомĕ Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра коммунистсене комсомолецсен пухăвĕнче çырура кăтартнă çитменлĕхсене пĕтерме йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

## Çамрăксене ФЗО шкулĕсене вĕренме илесси çинчен

Хăвăрт аталанса пыракан халăх хуçалăхне ĕçта, техникăна алла илнĕ кадрсем ытларах та ытларах кирлĕ. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ, малта пыракан техникăна малалла производствăра кĕртсе пынине шута илсе, государство ĕç резервĕсен системине квалификациллĕ çамрăк рабочисем хатĕрлес тата производствăра рабочисем вĕрентсе хатĕрлес ĕçĕн пахалăхне лайăхлатма хушрĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви çамрăксем валли вĕренме, техникăна алла илме, кăмăла кайнă профессие туянма мĕн кирлине пурне те туса параççĕ. Ăна ремесла училищисемпе ФЗО шкулĕсем пурнăçĕнчен те лайăх курма пулать. Асăннă училищĕсемпе шкулсенче вĕренекенсене укçасăр тумлантараççĕ, апат çитереççĕ, пурăнма—лайăх общежитисем, вĕренме—кĕнеке тата тĕрлĕ пособисем, ĕçлеме — инструментсем уйăрса параççĕ. Занятисем вăхăтĕнче туса кăларнă продукцишĕн вĕренекенсене ĕç укçи тÿлеççĕ.

Училищĕрен тата ФЗО шкулĕнчен вĕренсе тухакансене, вĕсен ĕçри ăсталăхне кура, разряд параççĕ. Совет çамрăкĕсем хатĕрлес ĕçре вăхăта иртермеççĕ. Вĕсем валли шкулта туянна специальноçть тăрăх ĕçлеме вырăн яланах хатĕр.

Республикăри нумай предприятисенче, стройкăсенче, чугун çул организацийĕсенче ФЗО шкулĕсемпе училищисенче вĕренсе тухнă çамрăксем ĕçлеççĕ. Вĕсем çитĕ, таса, ăшă общежитисенче пурнаççĕ. Вĕсене выртса канма кровать, матрац, одеяло, простыня параççĕ. Общежитисенче хĕрлĕ кĕтессем, библиотекăсем пур.

Производствăра ĕçленĕ чухне çамрăксем рабочисен шкулĕнче, техникумсен каçхи уйрăмĕнче е заочно вĕренме пултараççĕ. Кашни предприятире техникăна вĕренмелли курссем, стахановла шкулсен ĕçĕ, техника ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем час-часах иртереççĕ.

СССР Культура министерствин инспекцийĕ фабрикăсемпе заводсенче, стройкăсенче çамрăк рабочисем валли ĕçлеме тата пурăнма мĕнле условисем туса панине, çамрăксене ĕçе тĕрĕс, специальноçть тăрăх вырнаçтарнине тĕпчесе тухрĕ. Тĕрĕслет, çитменлĕхсене пĕтерме пулăшать.

ФЗО шкулĕсемпе училищисенчен вĕренсе тухнă нумай çамрăксем — халĕ стахановецсем, производство новаторĕсем, паттăр ĕçпе, пултарулăхпа чапа тухнă çынсем. ФЗО шкулĕнчен вĕренсе тухнă Иван Проничкин юлташ Сталинла премин лауреачĕн ятне илме тивĕçлĕ пулнă. Пиншер çамрăксене правительство орденсемпе тата медальсемпе наградăланă.

Пирĕн республикăри нумай çамрăксем ремесла тата чугун çул училищисенче, сăрт-ту промышленноçĕ тата ФЗО шкулĕсенче тулли кăмăлпа вĕренеççĕ, кайран, ăста рабочисем пулнă хыççăн, çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенче ĕçлеççĕ. Пирĕн республикăра çуралса ÿснĕ, училищĕсемпе шкулсенчен вĕренсе тухнă çамрăксем Мускавра, Ленинградра, Свердловскра, Куйбышевра тата ытти çĕрте ĕçлеççĕ. Молотов облаçĕнчи Кизел хулинче пирĕн республикăран кайнă çамрăксем чылай. Вĕсенчен нумайăшĕ стахановецсем. Комсомольски районĕнче çуралса ÿснĕ Петр Салеев 22-мĕш сăрт-ту промышленноçть шкулĕнчен вĕренсе тухнăранпа вăхăт нумай иртмен-ха. Апла пулин те ун ятне «Кизельшахтстрой» чылайăшĕ пĕлеççĕ. Шăхасан районĕнче ÿснĕ Валентин Васильевна Николай Александров кĕске вăхăт хушшинче штукатур, маляр тата стеколыцик профессине туянна. Вĕсем уйăхра 700—800-шер тенкĕ ĕçлесе илеççĕ. Вăрмар районĕнчи Кĕçĕн Кипек ачи Николай Иванов 1952 çулта шкултан вĕренсе тухнă. Халĕ вăл Кемерово облаçĕнчи Киселевск хулинче буровой мастер пулса ĕçлет, уйăхра 1.200—1.500 тенкĕ таран ĕçлесе илет.

Çĕмĕрле хулинчи пĕрремĕш ремесла училищинчен вĕренсе тухнă чылай çамрăксем Мускаври пĕрремĕш сĕтел-пукан фабрикине ĕçлеççĕ. Çак фабрика илемлĕ сĕтел-пукан туса кăларать. Виçĕ уйăх ĕçленĕ хыççăн Çĕмĕрле вĕренĕ çамрăкĕсем пĕр кăткăс ĕç тума хăнăхса çитнĕ. Стахановла ĕçлекенсем уйăхра 1.500—2.000 тенкĕ ĕçлесе илеççĕ.

Правительство йышăнăвĕ тăрăх, июнĕн 25-мĕшĕнче июлĕн 25-мĕшĕ хушшинче ФЗО шкулĕсемпе сăрт-ту промышленноçть шкулĕсене çамрăксене вĕренме илмелли призыв пулса иртет. Пирĕн республикăри çамрăксем Кемерово облаçĕнчи Сталинск хулипе Прокопьевск хулинчи шкулсене вĕренме кайма пултараççĕ. Асăннă шкулсене 1935, 1936 тата 1937-мĕш çулсенче çуралнă, ялта тата хулара пурăнакан çамрăксене илеççĕ. Шкулĕсенче бетонщик-арматурщик, платник, каменщик, штукатур, маляр, столяр, моторист, проходчик специальноçĕсене вĕрентеççĕ.

Совет çамрăкĕсем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, коммунизм строительстве активлă хутшăнаççĕ. Фабрикăсемпе заводсенче, стройкăсенче, халăх хуçалăхĕн ытти отраслĕсенче те тухăçлă ĕçлес, пусăрулă пулас, пултарулăха кăтартас тесен тимлĕн вĕренмелле. Пирĕн çамрăксен вĕренес шухăш-туйăмĕ пысăк. Анчах пирĕн ФЗО шкулĕсемпе сăрт-ту шкулĕсене çамрăксене вĕренме илес ĕç хăй тĕллĕн пулса пырасса шанса тăма юрамасть.

Ялти агитаторсемпе пропагандистсем, коммунистсемпе комсомолецсем, вырăнти Советсен депутачĕсем тата ытти активистсем çамрăксене тата вĕсен ашшĕ-амăшĕсемпе пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх план çинчен, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви çамрăксемшĕн тăвакан атте пек тăрăшни, Тăван çĕршыва ăста рабочисем нумай кирли çинчен тĕплĕн ăнлантарса пама тивĕçлĕ. Кашни хулара, ялта ФЗО шкулĕсене ремесла училищисенче вĕренсе тухнă, çак предприятисенче ĕçлекен рабочисем пур. Вĕсем хăйсене е тантăшĕсем патне çыру ярса тăраççĕ, отпуск вăхăтĕнче канма ашшĕ-амăшĕсем патне килеççĕ. Вĕсен çырăвĕсемпе çамрăксене паллаштарни, куçма килекенсемпе çамрăксен тĕлпулăвĕсене иртерни, çĕр кăмрăк промышленноçĕн пĕтĕрĕвĕ çинчен калаçусем иртерни ФЗО шкулĕсемпе сăрт-ту шкулĕсене çамрăксене вĕренме илес ĕçе ăнăçлă иртерме пулăшĕç.

**А. ГОРДЕЕВА,**
Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн çамрăксене ФЗО шкулĕсемпе училищĕсене вĕренме илес тĕлĕшпе ĕçлекен секторĕн заведующийĕ.

## Ĕçсыннисем заемсенчен илекен тупăш

КУСЛАВККА. Юлашки вăхăтра районти перекет кассисем заем облигацийĕсем тытакансем хушшинче ĕçсене вăйлатрĕç. Кашни ял Советĕнчех выляссем тухнине тĕрĕслемелли сĕтелсем тунă.

Ĕçсыннисем государство заемĕсенчен пысăк тупăш илеççĕ. 1952 çулта районти перекет касси 636 пин тенкĕ выляв укçи тÿленĕ. Вăл шутра виçĕ çын 10-шар пин, тăхăр çын 5-шер пин, вăтăр утă çын пиншер тенкĕ выляса илнĕ.

1953 çулхи пиллĕк уйăх хушшинче выляв укçи 444 пин тенкĕ тÿленĕ.

**(Хамăр инф.).**

---

*Критикăпа библиографи*

# „Тăван литература“* кĕнеке пахалăхне ÿстермелле

Совет çыннисене коммунизмла воспитанин парасси идеологиллĕ ĕçĕн чи пысăк задачи пулса тăрать. Çакна пурнăçласа ĕçре совет шкулĕнче вĕрентекен учительсен ролĕ уйрăмах пысăк. Пирĕн çамрăк ăрăва Коммунистсен партийĕн ĕçне вĕçĕмсĕр парăнса тăма, социализмла Тăван çĕршыва юратма, коммунизмăн çирĕп те хастарлă строителĕсем пулма вĕрентмелле. Çак пархатарлă ĕçе туса пыма пире, совет учителĕсене, учебниксем пысăк пулăшу параççĕ. Учебник—вĕрентекенпе те, вĕренекен ачашăн та авторитетлă кĕнеке пулмалла.

Эпир, 5—7-мĕш классенче чăваш чĕлхипе вĕрентекен учительсем, тăван литература М. Я. Сироткин пухса хатĕрленĕ учебник тăрăх вĕрентетпĕр. Вĕсем султан-çул тенĕ пекех çĕнĕ изданипе туха пыраççĕ.

Çак статьяра эпир çиччĕмĕш класс валли кăларнă «Тăван литература» кĕнекине тишкерсе тухасшăн. Калас пулать, пĕрремĕш изданипе танлаштарса пăхсан, кĕнеке пахалăхĕ чылай ÿснĕ. Юлашки изданипе кăларнă кĕнекене лайăх хут çине пичетленĕ, шрифт та кăмăллă, таса. Хăшпĕр произведенисемпе килĕштерсе ÿкерчĕксем панă, кĕнеке хушашкине ытти хатран тунă.

Кĕнекене кĕртнĕ произведенисем чылайăшĕ ялан тĕлĕшĕнчен çÿлти пусăмра тăраççĕ, вĕсене вĕренекенсем кăмăлласах, юратса вулаççĕ, ытти пурнăçпа пулăха пурнăç çине тĕрĕс пăхма вĕренеççĕ. Çавăн пек произведенисем шутне: «Илья Муромецпа Соловник тăшман», «Вольга-па Микула», «Капитан хĕрĕ», «Поэт вилĕмĕ», «Бирюк», «Сокол çинчен хунă юрă», «Анисса», «Колчак», «Чăваш арăмне», «Штурм», «Пирĕн халăхăн ыттан кĕнеки» тата ыттисем те кĕреççĕ.

Çакăнпа пĕрлех хрестоматие кĕртнĕ чылай произведенисен идейăпа илемлĕх енчен çителĕклĕ таран çÿлти пусăмра тăмаççĕ.

«Пăкачав вилĕмĕ» çинчен калакан историллĕ юрăра асăннă ĕçсемпе событисем чăн-чăнах пулса иртнисемпе пĕр харăн çапăçаççĕ. Пугачевăн вилĕмĕ юрра çапла курăнать: Хусан хулин гусарĕсем Емельян Пугачева 1773 çулта, февраль уйăхĕнче тытаççĕ те йÿç авăс тăррине çакса хураççĕ. Унтан ăна антараççĕ, хурама пуçри ăшне хупса вут тĕртсе çунтараççĕ, кĕлне таса хир варрине вĕçтереççĕ.

Анчах, историпе чăн-чăн пулса иртни тăрăх, Пугачева патша çыннисем 1774 çулта кĕркунне тытса, 1775 çулхи январĕн 10-мĕшĕнче, Мускавра пуртăпа касса пăрахнă.

Ачасене çапла пăтраштарса вĕрентни пурнăçра пулнă явленисемпе событисене тĕрĕс ăнланма кансĕрлет. Унсăр пуçне, Пугачевăн паттăр та хастар вĕреншкĕне кăтартса паракан тĕслĕхсем юрăра çук.

«Кача тăвăр» халапăн та идеи çÿлти пусăмра тăмасть. Кунта чăваш халăхĕн паттăр кĕрешĕвне кăтартса паракан тĕслĕхсем çителĕксĕр. Халапăн пуçламăшĕнче чăвашсен паттăрлăхĕ те, çисĕмлĕхĕ те пысăк. Патша манифестне халăха ăнлантарса панă хыççăн чăвашсем хăйсене çакса кайнă, хăйсене хĕсĕрлекенсене хирĕç кĕрешĕве çĕкленнĕ. Пусмăрласа пурăннă пупсене, тавраци чиновниксене çака-çака вĕлернĕ. Пăлхава пусарма пынă çар ушкăнĕн пуçлăхĕ темĕнле тăрăшсан та пăлхавçăсене тупайман. «Эпир, аслă çыннăмăр», нимĕн те пĕлместпĕр. Кунта пирĕн лăпкă, нимĕнле те çак-хура та çук, тенĕ. Йăваш çынсем эпир пурте. Сынна çакса вĕлерет-мĕн тесе çавăр ÿсакан та пулман. Шутламан та, асра та пулман вăл япала. Эпир хамăр ĕçе ĕçлекенсем ерипен пурăнакантăр. Нимĕн те курманлитмен ун пек ĕçсем çинчен»,—тенĕ чăвашсем пĕр пек каварлăн. Ку тĕслĕхсене вулакан вăхăтра хĕпĕртсе каятăн, анчах халапа малалла вуланă май çав савăнăç пĕтсе ларать. Пăлхава пусарма пынă отряд пуçлăхĕн улталне чăвашсем сисеймеççĕ, питĕ çăмăллăн улталанаççĕ. Чăвашсен сисĕмлĕхĕ кĕрешÿре çине пырасçăсĕ вырăнне пĕтсе ларать. Çапла вара, чăваш халăхĕ хăйĕн çĕкленĕ кĕт ăслă, нимĕн чухламан çын пек пулса тухнă. Унăн кĕрешÿри паттăрлăхĕ çуккипе, хевхалантарса паракан кăна ĕç курăнмасть.

«Пĕтем çинче» ятлă калавра колхозниксен нумай сиплĕ, вĕрсе тăракан пурнăçне сÿрĕк те кичем кăтартса панă. Хальхи вăхăтра çапла тăрса киле кĕртмесĕр ятон çинчисен хăвари—айăнлă ĕç. Партипе правительство ун пек çитменлĕхсемпе çирĕп кĕрешеççĕ, çавăн пек калавра çак кĕрешÿ курăнмасть. Итем çине калавра пĕтнĕ пирки колхоз руководителĕсем нимĕн те тумаççĕ, хураланасçĕ тăратмаççĕ. Тĕрĕ кăмăллă колхозниксем хăйсен йĕркипе хурала тухаççĕ, анчах вĕсен пархатарлă ĕçĕ те ача вăййилле пулса тухнă.

Тырă кăшалне хуралламаи малтан Упрам пырать. Кăшал патне сын пынине курсан, вăл кĕлтесемпе витĕнсе выртать. Унта вăл вунă çул каялла Унтĕрке итлĕ çынна мĕнле вăрра тытни, тражданскин вăрçи вăхăтĕнче вилнĕ ывăлĕ çинчен аса илет.

Акă Упрам тĕтĕмлĕх витĕр тинкерсе пăхать. Хуллен çын пыни курăнать. Анчах вăл маларах курнă çын мар, урăхскер. Вăл тÿрех тырă кăшалĕ патне пырать те хыçаланса илет, тырă çине витнĕ пĕр кĕлтине туртса илсе уксах хурать. Çак вăхăтра упа ун патне икĕ енчен икĕ çын чупса тухаççĕ те: «Вăрлама!»—тет пĕри, «Лекрĕн!»—тет тепри. Ку çын та вăрра пыман иккен, вăл та тырă кăшалне хуралласа хăй ирĕкĕпе пынă. Вăхăт нумай та иртмест, вĕсем патнелле тепĕр çын пыни курăнать. Ку вара бригадир хушса янă хуралçă.

Чăнах та калавăн идеи лайăх. Колхозăн пурлăхне упрасси—кашни колхозникăн чи таса тивĕçĕ. Анчах вăл ĕç чăнах та мыскаралла, ача вăййилле пулса тухнă. Пысăк çынсен пурнăçĕнче ăна ĕненесех килмест. Вĕренекенсене воспитани пама пĕре эпир ку калавпа çителĕклĕ таран усă кураймастпăр.

Пирĕн Тăван çĕршывра пурнăç калама çук пысăк утăмсемпе малалла пырать. Социализмла çĕршывăн сăн-сăпачĕ кун умĕнчех улшăнать. Анчах эпир учебникре пурнăçа пĕлме пысăк кăтартнă произведенисем те тĕл пулатпăр. Колхозлă самана вăхăтĕнче уйрăм хуçалăхпа пурăнакансем çинчен каласа çырнă калав çинчен, вăрă çинчен çырнă «Пуритан çĕр» калав, çавăн пекех пурăнаканăн «паттăрлăхĕ» çинчен вулатпăр «Сĕреке Васки» калавра.

Калавăн композицийĕ те ытла пăтрав. Пĕр ĕç çине тепри купаланса пырать, е пĕр-пĕрипе çыхăнусăр улшăнса пыраççĕ. Сапла вара калавăн ăш-чиккинĕ вĕренекенсемшĕн питĕ йывăр пулса тухать.

Ялсен сăн-сăпачĕсем халĕ чĕтĕмпех çĕнелсе улшăнчĕ. Ĕлĕкхи хура пÿртсем вырăнне,—пурăнмалли пысăк та çутă çуртсем, шкулсем, клубсем, больницăсем тата ытти çуртсем курăнать. Хальхи вăхăтра колхозниксен пухăвĕсене аслă та таса клубсенче пулса иртеççĕ. Пирĕн ялсенчи клуба пынă çынсем вăхăта культурăлла иртереççĕ: радио итлеççĕ, шашка-шахматла, доминола выляççĕ... Пурнăçри çавсем халĕ нумай çĕнелсе улшăнчĕ. Анчах «Сыру» калавра эпир вĕсене курмастпăр. Вĕсен вырăнне колхозниксен пухăвĕсене пĕчĕк пÿртсенче пулса иртнине куратпăр. Пухăва пынă çынсем кăмака çине хăпарса выртаççĕ. «Эпĕ ыланин пекех, кăмака çине хăпарса выртнăччĕ. Мĕнех вара ватă çын кăмака çине хăпармасть-и?» тет. Пухăва пынă Тарас Иванович.

Арман хуралçин пÿртĕнче радио калаçать, анчах арман аввăрне пынă колхозник: «Лар ĕнтĕ çак упа шăтăкĕнче...»,— тесе кулянать.

«Йĕрсем» ятлă калав çинчен те çавнах каламалла. Хальхи вăхăтра колхозниксене ĕç тухăçлăхне ÿстерес майпа нумай ĕçре сдельщина йĕркипе ĕçлеççĕ. Тырă вырнă ĕçре çав сдельщина тата ытларах кирлĕ, анчах калавра эпир ăна курмастпăр. Бригадăри çынсем тырра ушкăнпа вырса çÿреççĕ. Ун чухне пĕр-пĕрне ăмăртса ĕçлесси çинчен калаçма май та çук. Çавăнпа та ĕнтĕ Роман хаçалланса курăнмасть. Уçшăнпа ĕçлени уравниловка таран малалла та тăрăшса ĕçлесси курăнмасть. Уйрăм çын пикипе ĕçлеме тапратни илсе пырать, ĕç тухăçлăхне ÿстерме кансĕрлет.

Тырă вырас ĕçре техникăпа усă курнине кăтартса паман. Урпи те пулса çитнĕ, сĕлли те шăтăрка пуçланă, анчах колхозниксен тырра çапла çурлапа вырса çÿреççĕ.

Шкулта вĕренекенсен çуллахи канăвĕ те кирлĕ пек çутатса паман. Вĕсем, пĕвере пулла вĕлле кĕнисĕр пуçне, нимĕнле усăллă ĕç тунине те куратпăр.

Хрестоматие кĕртнĕ «Кĕрхи октавăсем», «Амăртура», «Çул курки» сăвăсем те çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас ĕçе пысăк пулăшу пама тăрăшмаççĕ. «Кĕрхи октавăсем» ятлă сăвăра колхоз хĕрĕсем шанкă улахсене çÿс-кантăр арлани çинчен, колхоз картишĕнче вăкăр мĕкĕрни, тиха кĕçенни, кăркка ас ихĕрни çинчен вулатпăр, анчах çамрăксемшĕн клубсене читальнăсем, шкулсен аслăксем анлăн усăлине курмастпăр, колхозăн картиш çинчи тулли вылăх-чĕрлĕхне асăрхамастпăр.

«Амăртава» ятлă сăвăра та çĕнни курăнмасть. Акă колхоз сцениччи пĕр ăчен акмалли çинчен агрономпа канашлаççĕ. Калаçсан-калаçсан уй-хир планне туса килеççĕ те хĕрсех тавлашма пуçлаççĕ. Кун пирки çакна калас пулать: колхозсенче çирĕп пусĕ çавракăшмĕçем йĕркеленичен аста мĕн акасси çинчен тавлашнă та пулĕ, халĕ вăл ĕç çирĕп пусĕ çаврăнăшне тăрăх пулса пырать.

Колхоз ăмăртăва мĕнле тухни çинчен кăтартса паракан тĕслĕхсем сăвăра çителĕксĕр, вĕсем те çиелтен çеç пулса тухнă. Кĕнекере колхоз тематикипе çырнă произведенисем çителĕклĕ, анчах колхозăн ялти улшăнăвне, унти çĕнелнĕ пурнăçне çителĕксĕр сăнарлакан эпир кирлĕ таран çапах та кураймастпăр. Социализмла ялхуçалăхĕнче пысăк вырăн йышăнса тăракан МТС-сем çинчен çырнисене пачах курмастпăр. Пирĕн Чăваш республикинче промышленноçе вăйлăн аталанса пырать. Промышленноçе ÿснипе пĕрлех унăн кадрĕсем те ÿсеççĕ, чаплă стахановецсем çитĕнеççĕ. Анчах эпир çиччĕмĕш класс валли хатĕрленĕ «Тăван литература» кĕнекинче рабочи класса интеллигенци çинчен, Тăван çĕршывăн пысăк стройкисем çинчен çырнă произведенисене курмастпăр, коммунистсемпе комсомолецсен çамрăкĕсене кăтартса паракан произведенисене пачах çук.

Пирĕн Тăван çĕршыв—тĕнчери мир тĕрекĕ. Кĕнекере эпир мир çинчен калакан произведенисене те курасшăн.

Çак статьяра асăннă çитменлĕхсем уйрăммăнах эпир хамăр ĕç çине паянхи пысăк задачăсен çÿлĕшĕнчен пăхсан лайăх курăнаççĕ. Ку çитменлĕхсем кĕнекене пухса хатĕрленĕ М. Я. Сироткин хăйĕн пысăк та ответлă ĕçне çиелтен пăхни, тĕплĕн шухăшласа пăхмасăр тунине пĕлтереççĕ. Çавăн пекех Чăваш АССР Çутĕç министерствин учебниксен валли пăхма янине кăтартас çук. Çутĕç министерствин учебниксене пăхса тухакан кăларма çирĕплетнĕччен тĕплĕнрех пăхса тухмалла, учительсен шухăшне итлесе пыма илмелле.

**В. АНТОНОВ,**
Чăваш АССР, шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ.

*) Çиччĕмĕш класс валли М. Я. Сироткин пухса хатĕрленĕ хрестомати, редакторĕ М. Романов. Кĕнекене Чăваш АССР Çутĕç министерстви çирĕплетнĕ. Çиччĕмĕш издани, Чăвашгосиздат, 1952 çул.

## Чехословакире Совет Çарĕ ячĕпе монумент уçнă

ПРАГА, июнĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Сущицкай районĕнчи Кашперске Горы хулинче Ян Жижка площадĕнче Совет Çарĕ ячĕпе монумент уçнă. Митингра Чехословакири наци хăрушсăрлăхĕн министрĕн заместителĕ Ярослав Криан, Совет Союзĕн Чехословакири посольствин представителĕ Кузнецов юлташ, Наци фрончĕн, Чехословаки çарĕн представителĕсем, Сущицкий районĕнчи ĕçсынниcем пулнă.

## Польшăра Совет Союзĕнчи ĕç меслечĕсемпе усă кураççĕ

ВАРШАВА, июнĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕнчи малта пыракан рабочисемпе инженерсен ĕç меслечĕ Польшăри чылай промышленность предприятисенче сарăлнă. Халĕ нумай заводсемпе фабрикăсенче Колесован тимĕр касмалли меслечĕпе тата Ковалев, Жандарова, Агафонова ĕç меслечĕсемпе анлăн усă кураççĕ.

Колесов меслечĕпе виçĕ уйăх каялла «Урус» трактор заводĕнче ĕçлеме пуçланă. Халĕ Колесов меслечĕпе çăмăл автомобильсем тăвакан заводра, Варшаварти Веринский ячĕпе тăракан заводра. Познаньри Сталин ячĕпе тăракан заводра, Гданьскри судоверфьсенче тата ытти предприятисенче те анлăн усă кураççĕ. Колесов меслечĕпе ĕçлесе, токарьсем производство нормине икĕ хут ытларах иттерсе тултараççĕ.

Çак кунсенче профсоюзсен центральнăй советĕнче производствăра малта пыракансен канашлăвĕ пулса иртнĕ. Унта Колесов меслечĕ çинчен сӳтсе явнă.

### КИТАЙРИ ГОСУДАРСТВО ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕН ÇИТĔНĔВĔСЕМ

ШАНХАЙ, июнĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). «Синьцяньжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Гуйчжоу провинцийĕнчи государствăн 11 промышленность предприятийĕ май уйăхĕнчи производство планне иттерсе тултарнă.

Çак предприятисен çитĕнĕвĕсене, тесе кăтартса парать хаçат, пуринчен ытла, рабочисем хастарлă ĕçленипе, малта пыракан ĕç меслетне ĕçе кĕртсе пынипе, производство процесĕсене лайăхлатнипе тунă.

### РУМЫНИ СКУЛЬПТОРĔН ЧАПЛА ПРОИЗВЕДЕНИЙĔ

БУХАРЕСТ, июнĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Республика двореçĕн залĕсене вырнаçнă искусствăсен музейĕнче кучухнехи Румыни художникĕсен ытти нумай йышлă произведенийĕсем хушшинче йывăçран касса тунă «Корейсем» ятлă скульптура уйрăмах палăрса тăрать. Скульптура виçĕ кореец-партизан сăнне кăтартать. Унăн авторĕ — Румыни скульпторĕ, государство премийĕсен лауреачĕ Штефан Чорвасси.

Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн жюрийĕ йышăннă тăрăх, çак ĕçшĕн Штефан Чорвассие ылтăн медаль парса премиленĕ.

## Бразилири моряксен забастовки

МОНТЕВИДЕО, июнĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Бразилири суту-илӳ флотĕнче ĕçлекен моряксемпе работниксен июнĕн 16-мĕшĕнче пуçланнă забастовки халĕ те пырать. «Импренса популар» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, забастовкăна 110 пин çын ытла хутшăннă. Бразилире суту-илӳ пăрахучĕсем çӳреме чарăннă. Моряксен забастовкине пĕтĕм çĕршыв ырлать. Промышленноçăн тĕрлĕ отраслĕсенче ĕçлекенсем хăйсем забастовка тăвакансемпе пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтереççĕ.

Бразилири компарти организацийĕн докерсемпе моряксене пĕрлештерсе тăракан комитечĕ суту-илӳ флотĕнче ĕçлекен мĕнпур рабочисемпе служащисене чĕнсе каланă. Çак чĕнĕве «Импренса популар» хаçатра пичетлесе кăларнă. Комитет рабочисемпе служащисене хăйсен ыйтăвĕсемшĕн, наци суту-илĕвне хӳтĕлессишĕн, миршĕн тата нациллĕ никама пăхăнманлăхшăн пыракан кĕрешӳре пĕрлĕхлĕ пулма чĕнет.

### ТУРЦИ ХАÇАЧĔ ПАШАРХАНСА ÇЫРАТЬ

СТАМБУЛ, июнĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Улус» хаçатра Бюлент Эджевиц статьине пичетлесе кăларнă. Çурçĕр Атлантика блокĕн çарĕнче пĕтĕмпе 60 дивизи пулмалла пулсан, тесе çырать вăл, 21 дивизи Турци, 10 дивизи Греци тăратмалла. Çав вăхăтрах Çурçĕр Атлантика блокне кĕрекен ытти 12 çĕршыв, вăл шутра Америка, Англи, Франци пек пысăк çĕршывсем пурĕ те 29 дивизи кăна тăраççĕ.

Çурçĕр Атлантика блокĕн руководителĕсем Турци ялĕсенчи халăхăн пурнăç шайне хăпартма кирлине шута илменни çинчен калаçа, Эджевиц: Турци ялĕсенчи ĕçсыннисен пысăк пайĕ тахçан ĕлĕк пулнă пек йывăр условисенче пурăнать, тет. Çав вăхăтрах эпир хамăрăн наци экономикине вăйсăрлатнипе çар хăватне ӳстерес ĕçе ӳстерсе пыратпăр. Кунсăр пуçне, тенĕ Эджевиц, Англипе Америкăн Сывăх Хĕвелтухăçĕнчи интересĕсене хӳтĕлес ятпа пирĕн татах çĕнĕ обязательствăсем йышăнмалла пулать.

## Демократиллĕ Германи Республикин правительстви халăхăн чăн-чăн интересĕсене палăртса тăрать

БЕРЛИН, июнĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Германи Республикинчи хуласемпе ялсенче пулса иртекен ĕçсыннисен пухăвĕсенче тухса калакансем фашистла провокаторсен сĕмсĕр ĕçĕсене сивлеççĕ, хăйсен Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕпе халăх правительствине пĕтĕмпех шанса тăни çинчен пĕлтереççĕ. Республикăри нумай округсенчи ĕçсыннисем: Германи историйĕнче халиччен нихçан та правительство хăйĕн йăнăшĕсене уççăн йышăнса тӳрлетме сийĕнчех мерăсем йышăнни пулман, тесе пĕлтереççĕ. Шăпах та çавăнпа ĕнтĕ, теççĕ ĕçсыннисем пухусенче, Демократиллĕ Германи Республикин правительстви чăн-чăн халăх правительстви пулнăран ĕнтĕ, вăл халăх интересĕсен хуралĕнче тăнăран тата вĕсемпе таччăн сыхăнса тăнăран, вăл, чăнлăха массăран пытармасăр, хăйĕн ĕçĕнчи ситменлĕхсем çинчен уççăн та хăюллăн каласа пама тата çав ситменлĕхсене тӳрлетме пултарать.

## Тĕп провокаторсем çаплах лăпланмаççĕ

БЕРЛИН, июнĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Ют çĕршывсене тара кĕрĕшнĕ провокаторсен авантюри путланса ларнă пулсан та, тĕп провокаторсем çаплах лăпланмаççĕ. Июнĕн 23-мĕшĕнче Берлинăн Америка секторĕнче реакциллĕ тата фашистла ушкăнсен пухăвĕ пулса иртнĕ. Унта нимĕç халăхне сутнă ирсĕрсем — канцлер Аденауэр, Бонн министрĕ Кайзер, Хĕвеланăç Берлинăн обер-бургомистрĕ Рейтер халăха хĕтĕртекен сăмахсем каланă. Берлинри авантюрăна шăпах та çав пуçкасансем ертсе пынă ĕнтĕ.

Аденауэр, Кайзер тата Рейтер рабочи класпа Германи халăхĕн анлă массине хирĕç уççăнах çĕнĕ авантюрăпа провокацисем тума чĕннĕ. Вĕсем «совет зонине» хирĕç кĕрешес ĕçре «пур майсемпе те» усă курма чĕннĕ.

Кунта кӳршĕллĕ çĕршывсенчен килсе тăракан хыпарсем пĕлтернĕ тăрăх, çакнашкал агрессилле сăмахсем чылайăшне пăшăрхантарса ӳкернĕ. Вĕсем Гитлер хӳрешкисем хăлаçланни çинчен калаççĕ.

## „Ăнсăртран пăлхав“ кăларассине пулăшма укçа параççĕ

ЛОНДОН, июнĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Вашингтонран çапла пĕлтернĕ: ĕнер республиканец-сенаторсем хупă ларура ют çĕршыв государствисене пулăшма тесе уйăрса панă укçа-тенке расходлас тĕлĕшпе президент Эйзенхауэра пысăк ирĕк парасси çинчен сӳтсе явнă.

Каярахпа сенатор Уайли (Висконсин штатĕнчен) корреспондентсене хăй «Хĕвелтухăç Германири пăлхавсене май тата Корейăри ĕçсем паллă мар пулса тăнине май» тĕнчере «ăнсăртран пулма пултаракан» ĕçсене шута илсе, ют çĕршыв государствисене пулăшас тĕлĕшпе президента нимĕнпе пӳлмен право парасси майлă пулни çинчен каласа панă.

### США ХĔВЕЛАНĂÇ ЕВРОПĂНА ХĔÇПĂШАЛ ТĂРАТАТЬ

БЕРЛИН, июнĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Бонран пĕлтернĕ тăрăх, США ку тарана çитиччен Хĕвеланăç Германие тата Атлантика блокне кĕрекен çĕршывсене 3.537 самолет, 1.545.880 пулемет тата пистолет-пулемет, 24.543 танк, 5.796 тупă, 493 çар карапĕ тата 720.387 пин патрон тăратнă.

АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, США Хĕвеланăç Германи çарĕ валли тăратнă хĕçпăшалсенчен пысăк пайĕ Рейнăн хĕвеланăç пайĕнче вырнаçса тăрать.

## Фăшистла çар преступницине Эрна Дорна суд тунă

БЕРЛИН, июнĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). «Нейес дейчланд» хаçат çапла пĕлтерет: июнĕн 22-мĕшĕнче Галл хулинчи округ сучĕ фашистла çар преступницине Эрна Дорна персе вĕлермелле тунă.

Эрна Дорна 1953 çулта суд приговорĕ тăрăх, вăл гитлеровецсен Равенсбрукри хĕрарăмсен концентрациллĕ лагерĕнче этемлĕхе хирĕçле ĕçсем тунăшăн 15 çуллăха Галл тĕрмине хупса лартнă. Июнĕн 17-мĕшĕнче Берлинра пулнă провокацие организациленĕ çынсем ăна тĕрмерен кăларнă. Тĕрмерен тухнă хыççăн вăл июнĕн 17-мĕшĕнче фашистла провокаторсем Галл хулинче организациленĕ йĕркесĕрлĕхе активлă хутшăннă.

## Нью-Йоркри радио суйса каланă пирки Венгри рабочийĕсем панă ответ

БУДАПЕШТ, июнĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). «Сабад неп» хаçат Матиас Ракоши ячĕпе тăракан хурçă шăратакан заводри доменщик-стахановецсен çырăвне пичетлесе кăларнă. Çак çыру вăл Нью-Йоркри радио Чепель хулинчи рабочисем забастовка тунă, тесе суя хыпар сарнине хирĕç панă ответ пулать.

Эпир, Матиас Ракоши ячĕпе тăракан хурçă шăратакан заводра ĕçлекенсем, мартеновецсем тата прокатчиксем, тенĕ çырура, Нью-Йоркри радио ирсĕр суя хыпар сарнă пирки чĕререн тарăхса протестлетпĕр. Çакнашкал суя хыпар сарнине хирĕç эпир паракан ответ вăл—пирĕн ĕçсем.

Эпир, паллах, ăнланатпăр ĕнтĕ, Нью-Йоркри радио пĕтĕм тĕнчене Чепель хулинчи 28 пин рабочи забастовка тунă тесе пĕлтернĕ шутран 28 рабочи те пулин забастовка тунă пулсан, суеçтерекен этемсем питех те савăннă пулĕччĕç.

Анчах эпир вĕсене пĕре те савăнтарасшăн мар. Июнĕн 20-мĕшĕнче, «забастовка пулнă» кун эпир, тĕрĕссипе, пĕр кунхи производство заданине иттерсе тултартăмăр. Ун хыççăнхи кунсенчи ĕçсем пирки те пирĕн питсем хĕрелме пултарас çук. Кун пирки хăюллăнах калама пултаратпăр ĕнтĕ.

Июнĕн 23-мĕшĕнче Чепель хулинчи рабочисем пурте çĕршыва нумай тонна хурçă тата прокат панипе мир ĕçне пысăк парне кӳчĕç. Нью-Йоркри тата Белградри радио пĕлтернĕ тăрăх, çак кунччен темиçе кун маларах Чепельри рабочисем «ĕçлеме пăрахнă» имĕш!

Малалла çырура комбинатри рабочисем производствăра пысăк çитĕнӳсем туни çинчен каланă.

Çырура çавăн пекех тата юлашки кунсенче Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сесси ĕçне хутшăннă ют çĕршывсенчи миршĕн кĕрешекен çынсен çак завода нумайăшĕн пырса курнине паллă тунă.

Ют çĕршыв çыннисем, тенĕ çырура, творчествăллă ĕçре паттăррăн кĕрешекен телейлĕ рабочисемпе тĕл пулса калаçрĕç. Пирĕн пата пырса кайнă хăнасем Нью-Йоркри господасем калани мĕн чухлĕ «тĕрĕс» пулнине хăйсем курса ĕненме пултарчĕç.

Эпир, хурçă шăратакан заводра ĕçлекенсем, çапла калама пултаратпăр: пирĕн çĕршыв аталанăвне нимĕнле суя хыпар та тытса чарма пултараймасть.

## Корея халăхĕ ирĕклĕхшĕн агрессорсене хирĕç кĕрешĕве тухнăранпа виçĕ çул тултарчĕ

### Пхеньянри лару

ПХЕНЬЯН, июнĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Пхеньянра Корея халăхĕ агрессорсене хирĕç, Америкăпа Англи интервенчĕсене тата лисынмановецсене хирĕç кĕрешĕве тухнăранпа виçĕ çул тултарнă ятпа лару пулнă. Ларура Ким Ду Бон, Пак Ден Ай, Цой Ен Ген тата ĕçлĕх партийĕпе Демократиллĕ Корея Халăх Республики правительствин ытти руководителĕсем пулнă.

Ларура Корея Халăх çарĕн тĕп политуправленийĕн начальникĕ Цой Чон Хек доклад тунă.

### АВСТРАЛИ ЛИ СЫН МАН ПРОВОКАЦИНЕ ХИРĔÇЛЕТ

ЛОНДОН, июнĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Лондонри радио пĕлтернĕ тăрăх, Австрали правительстви Ли Сын Ман Кăнтăр Корейăра тыткăнри çар çыннисене «ирĕке кăларнине» хирĕç протест панă.

### ИНДОНЕЗИРЕ ПУРĂНАКАН КИТАЙ ÇАМРĂКĔСЕМ КИТАЙ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИНЕ ВĔРЕНМЕ КАЯÇÇĔ

ДЖАКАРТА, июнĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Индонезире пурăнакан нумай çамрăк китаецсем хăйсен тăван çĕршывне — Китай Халăх Республикине кайма тăрăшаççĕ.

Июнĕн 22-мĕшĕнче Индонезирен Китай Халăх Республикине 2.200 çамрăк хĕрачасемпе арçын ачасем тухса кайнă. Вĕсене ăсатса яраçси—Индонезире пурăнакан Китай халăхĕн патриотла демонстрацийĕ пулса тăнă. Танджон-Приок гаванне хăйсен ывăлĕсене, хĕрĕсене, пиччĕшĕсемпе шăллĕсене, аппăшĕсемпе йăмăкĕсене ăсатма пилĕк пин ытла китаец пухăннă. Çак çамрăксем Китай Халăх Республикине вĕренме тухса кайнă.

## Монополисем техникăна тăллантарса тăраççĕ

НЬЮ-ЙОРК, июнĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Капитализмла Америкăра çĕнĕ машинăсемпе усă курма тытăнни, яланхи чухнехи пекех, ĕçсĕрлĕхе ӳстерессипатне илсе пырать. Çак кунсенче производствăлла профсоюзсен конгресĕн председателĕ Рейтер çапла пĕлтернĕ: шутласа пăхнă тăрăх, «çитес çывăх виçĕ çул хушшинче çĕнĕ машинăсемпе усă курни 5 миллион çынна ĕçсĕр тăратса хăварма пултарать».

Хуçасен организацийĕсем çак фактпа усă курса, рабочисене хăратма пăхаççĕ. «Мэгэзин оф Уоллстрит энд бизнен Аналист» журнал профсоюзсене—рабочисем çаплах ĕç укçи ӳстерме ыйтаççĕ пулсан тата хăйсен ытти ыйтăвĕсене те тивĕçтермелле тума тăрăшаççĕ пулсан, çĕнĕ машинăсемпе рабочисем вырăнне усă курма пулать тесе хăратса çырать.

Журнал çавăн пекех: рабочисем «итлеmeççĕ пулсан» тата вĕсем «капитализмла обществăри хăйсен вырăнне шута хумаççĕ пулсан», хуçасем вĕсене нумайăшне ĕçсĕр тăратса хăварма, рабочисем вырăнне лайăх йышши машинăсемпе усă курма пултараççĕ, тесе çырать.

### США ЯПОНИРЕ ШПИОНЛА ĔÇЕ ВАЙЛАТСА ПЫРАТЬ

Токиоран пĕлтернĕ тăрăх, США-н Японири «Кеннан организацийĕ» текен шпионла центрĕ Японири демократиллĕ юхăма хирĕç сăтăрла ĕçсем туса пырать.

Правительство чиновникĕсем, корреспондентсем, промышленниксем, инженерсем, гангстерсем тата ыттисем те нумайăшĕ подполковник Кеннан заданийĕ тăрăх ĕçлесе тăраççĕ.

Иосида правительствин разведка органне те «Кеннан организацийĕ» контроллесе тăрать.

Шпионсен çак центрĕ Хоккайдо утравĕ çинчи Саппоро хулинче хăйĕн уйрăмне уçнă, çак утрав çинчи Отару, Кусиро, Абасири хулисенче те разведка органĕсем туса хунă.

(ТАСС).

## Юрă праçникĕ районсенче

### СОВЕТСКИ

Июнĕн 21-мĕшĕ районти ĕçсыннисемшĕн савăнăçлă кун пулчĕ. Çак кун район центрне темиçе пин çын пухăнчĕ.

Советскипе юнашар анлă площадь. Кунта суту-илӳ организацийĕсен ларекĕсене йĕркерен лартса тухнă.

Юрă праçникĕ уçăлнă ятпа праçник иртерекен комисси председателĕ В. Долгов юлташ ĕçсыннисене саламлать.

Çав вăхăтра пĕрлештернĕ хор Совет Союзĕн Гимнне хăватлăн та мăнаçлăн юрлама тытăнать. Хора Э. Малинина юлташ ертсе пырать. Хор «Пире Сталин ырлăх пачĕ», «От Волги до Дона» тата ытти юрăсене те ăста юрларĕ.

Пĕрлештернĕ хор хыççăн Киров ячĕпе, Буденный ячĕпе тăракан колхозсен, районти культура çуртĕн тата Килтĕшри çичĕ çул вĕренмелли шкулăн коллективĕсем, уйрăм исполнительсем хăйсен пултарулăхĕсене кăтартрĕç.

Юрă праçникĕнче вырăс, украина, чăваш тата ытти халăхсен юррисемпе ташшисем пулчĕç. Мала тухнă хор коллективĕсене республикăри праçнике хутшăнма çирĕплетнĕ.

### КАНАШ

Районти тата хулари ĕçсыннисем иртнĕ вырсарникун юрă праçникне питех те савăнăçлăн иттерчĕç. Юрă праçникне 40 пин çын ытла пухăннă.

Вăхăт 11 сехет. Трибуна çине юрă праçникне иртерме уйăрнă комисси членĕсем хăпараççĕ. Комисси председателĕ И. Федоров юлташ юрă праçникĕ уçăлни çинчен пĕлтерет. Ун хыççăн райсовет исполкомĕн председателĕ К. Соловьев юлташ райсовет исполкомĕпе парти райкомĕ ячĕпе саламлă сăмах калать. Вăл районти колхозсем çураки ĕçĕсене кĕске срокра тата лайăх туса вĕçлени çинчен пĕлтерет, ку тĕлĕшпе малта пынă колхозсене асăнать. Çураки ĕçĕнче уйрăмах лайăх тĕслĕх кăтартнă «Парижская Коммуна» колхоза тата çул-йĕр строительствинче малта пыракан «Мотор» колхоза райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавĕсене парать.

Çавăн хыççăн пĕрлештернĕ хор Совет Союзĕн Гимнне тата ытти юрăсене ăста юрласа парать. Пĕрлештернĕ хор вунпĕр коллективран тăрать, унта 227 çын. Уйрăмах Микоян ячĕпе, Жданов ячĕпе, Сталин ячĕпе тăракан, «Красная Армия», «Мотор» колхозсен коллективĕсем праçнике тăрăшса хатĕрленни палăрчĕ. Çак коллективсем хăйсен концерчĕсенче çĕнĕ те паха юрăсем нумай юрласа пачĕç. Программăра Тăван çĕршыври тĕрлĕ халăхсен тата халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсен юррисемпе ташшисем пулчĕç.

Физкультурăпа спорт ăмăртăвĕсем те пулчĕç. Йывăр атлетика тĕлĕшпе РСФСР чемпионĕ ятне илнĕ В. Г. Захаров спортсмен хăйĕн пултарулăхне кăтартса пачĕ. Çавăн пекех волейболла выляс, велосипедпа ăмăртса чупас тĕлĕшпе иртернĕ вăйăсене вуншар команда хутшăнчĕ.

Юрă праçникĕнче колхозсем ăратлă лашасем ĕрчетес тĕлĕшпе паха çитĕнӳсем тунине кăтартрĕç. Темиçе колхозран чи лайăх, хăвăрт чупакан 30 лаша илсе пынă. Вĕсене виçĕ километра ăмăртса чуптарчĕç. Малти вырăна Ворошилов ячĕпе, Киров ячĕпе тата Куйбышев ячĕпе тăракан колхозсен лашисем йышăнчĕç.

Праçникре хăйсен пултарулăхне лайăх кăтартнă—Маленков ячĕпе тăракан тата «Мотор» колхозсен коллективĕсене республикăри юрă праçникне яма палăртнă.

### ОКТЯБРЬСКИ

Иртнĕ канмалли кун район центрĕпе юнашар юхса иртекен Енĕш шывĕ хĕрринчи улăхра юрă праçникĕ пулса иртрĕ. Кунта районти колхозлă ялсен ĕçченĕсем, рабочисемпе служащисем, вĕренекенсем питĕ нумай пуçтарăннă.

Юрă праçникне КПСС райкомĕн секретарĕ М. Иванова юлташ уçрĕ.

— Пирĕн çĕршывра ĕçсыннисем тулăх та культурăллă пурăнаççĕ. Çавăн пек пурнăçра юрлас та савăнас килет. Çавăнпа пирĕн хуласемпе ялсенче хавас юрă шăранать. Юрă—ĕçлеме, кĕрешме, çĕнтерме вăй хушать,— терĕ вăл.

Икçĕр çынтан тăракан пĕрлештернĕ хор репертуара кĕртнĕ юрăсене ăста юрласа пачĕ.

Октябрьскинчи вăтам шкулти хор коллективĕ хăйĕн пултарулăхне кăтартрĕ. Ку коллектив праçнике хатĕрленсе çĕнĕ юрăсем нумай вĕреннĕ.

## Шупашкарти ипподромра

Иртнĕ вырсарникун республикăри ипподромра хăвăрт чупакан лашасен иккĕмĕш ăмăртăвĕ пулчĕ. Ăмăртăва 28 лаша хутшăнчĕ, вĕсем 1.600 метра чупрĕç.

Чи малтан 1951 çулта çуралнă лашасене ăмăртса чуптарчĕç. Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри «Опасный» ятлă ăйăр тата çав колхозри «Валюта» ятлă кĕсре финиша пĕр вăхăтра чупса çитрĕç. Вĕсен вăхăчĕ—3 минут та 14 секунд.

Çĕрпӳ районĕнчи «1905 год» колхозран илсе килнĕ «Перепел» ятлă ăйăр лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Вăл 1.600 метра 2 минут та 53 секунд хушшинче чупса тухрĕ.

Етĕрне районĕнчи Тимирязев ячĕпе тăракан колхозри «Забавник» ăйăр, Чăвашсен государство лаша витинчи «Золовка» ятлă кĕсре ăмăртса чупнине ипподрома пынисем хытă интересленсе пăхрĕç. Лашасем темиçе хутчен пĕр-пĕринчен иртсе кайрĕç. Дистанцие чи малтан «Забавник» ăйăр вĕçлерĕ. Унăн вăхăчĕ—2 минут та 49 секунд. «Золовка» кĕсре унтан 2,2 секунд кая юлчĕ.

Шăмăршă районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри «Жребий» ятлă ăйăра чи лайăх вăхăт кăтартассишĕн чуптарчĕç. «Жребий»—республикăри чи хăвăрт чупакан лашасенчен пĕри. Вăл икĕ çула яхăн Мускаври ипподромри ăмăртусене хутшăннă, Ульяновскри ипподромра пулнă. Мускавра вăл 1.600 метра 2 минут та 15 секундра чупса тухнă, иккĕмĕш парне илнĕ. Ульяновскри ипподромра çак дистанцие 2 минут та 16 секундра чупса тухса пĕрремĕш вырăн йышăннă. Республикăри ипподромра пĕрремĕш хут кăна ăмăртса чупнă пулин те «Жребий» начар мар тĕслĕх кăтартрĕ. Унăн вăхăчĕ—2 минут та 25,2 секунд.

Çитес ăмăрту июнĕн 28-мĕшĕнче пулать.

А. ЖИРНОВ.

### КОЛХОЗРИ РАДИОУЗЕЛ

МУРКАШ. «Знамя коммунизма» колхозра çĕнĕ радиоузел туса пĕтерсе ĕçе ячĕç. 200 колхозник килне радио кĕртнĕ.

Халĕ колхозниксем куллен Мускавран тата Шупашкартан паракан передачăсене итлеççĕ. Çавăн пекех радиоузел урлă вырăнти передачăсем те пулаççĕ.

П. СЕМЕНОВ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья—Тырпул пухса кĕртмелли ĕç планĕ.

СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство заемĕ (1953 çулхи кăларăм) Шупашкар хулинче, Вăрнар тата Шупашкар районĕсенче ăнăçлă сарални çинчен пĕлтернисем.

**А. Зверев.**— Государствăн çĕнĕ заемĕ.

Вăрнар районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозăн тырпул пухса кĕртмелли планĕ çинчен çырнă статья.

**Леонид Агаков.**— Шакалсем (Кизел çĕр кăмрăк бассейнĕнчи драма театрĕ Чăваш государство академи театрĕнче лартнă спектакль çинчен).

**А. Гордеева.**— Промышленноçпа строй-кăсене—квалификациллĕ кадрсем

«Советская Чувашия» хаçатăн коллективлă корреспонденчĕ — нумай тиражлă «Сталинец» хаçат янă корреспонденци: «Талăкри график—производство никĕсĕ».

Урăх çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

**Редактор заместителĕ М. Н. ЯКИМОВ.**

*ТЕАТР*

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — Кизел çĕр кăмрăк бассейнĕнчи драма театрĕн гастролĕсем. Июнĕн 26-мĕшĕнче **«Бронепоезд 14-69».** Спектакль 20 сехет те 30 минутра пуçланать.

*КИНО*

«РОДИНА»—июнĕн 26-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче **«Повесть о новых героях»,** ытти сеанссенче **«Поют жаворонки».** Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.








РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01152 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.